ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Январь 9
ЭРНЕКУН
№ 6 (8915)
35-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



## Колхозсенчи отчетпа суйлав пухăвĕсене лайăх ирттерер!

Çĕршыва индустриализацилемелли тата ялхуçалăхне коллективизацилемелли ленинла-сталинла политикăна çирĕппĕн пурнăçланипе пирĕн çĕршыв историллĕ кĕске срокра хăватлă индустриллĕ, шултра ялхуçалăхлă çĕршыв пулса тăчĕ.

Коллективизаци политики çĕнтернипе пирĕн çĕршывра колхоз стройĕ тататăклăнах çирĕпленчĕ, çĕрĕсĕнче хуçалăхăн социализмлă системи пĕртен-пĕр форма пулса тăчĕ. Колхоз стройĕ, колхозниксемпе колхозницăсен паттăр ĕçĕ, вĕсен политикăлла пысăк ăнланулăхĕ тата организациллĕхĕ Аслă Отечественнăй вăрçă çулĕсенче йывăр задачăсене ăнăçлăн татса пама май пачĕç.

Вăрçă хыççăнхи çулсенче социализмлă ялхуçалăхĕ çĕнĕ хăватпа çĕкленсе пычĕ. 1952 çулта пирĕн çĕршыв 8 миллиард пăт тĕштырă туса илчĕ. Тĕштырă ыйтăвне татăклăн тата яланлăха татса панă.

Çĕрĕçĕ квалификацилене, ытларах тухăç паракан пулса пырать, вăл Тăван çĕршыва таварлă продукци çителĕклĕ парса тăрать.

Социализмлă ялхуçалăхĕ малта пыракан çĕнĕ техникăпа хĕçпăшалланчĕ. Ялхуçалăхĕнче çĕнĕ кадрсем ӳссе çитĕнчĕç.

Хальхи вăхăтра пирĕн ялхуçалăхĕ умĕнче тырпул тухăçлăхне тăтăш ӳстерсе пынипе пĕрлех, выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне çĕнĕ хăватпа ӳстерсе пырас задача тăрать. Çак задачăна ăнăçлă татса парас тесен, колхозсене организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен малалла тĕреклетмелле.

Колхозсен обществăллă хуçалăхне малалла тĕреклетес, ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне, обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ӳстерес, колхозниксен материальнăй пурнăçĕпе культурăллă шайне, политикăллă активлăхне ӳстерес тата вĕсене партин XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăхĕ умне кăларса тăратнă задачăсене пурнăçлама, 1953 çулхи мĕнпур ялхуçалăх ĕçĕсене ăнăçлă ирттерме мобилизацилес тĕлĕшпе отчетлă пухусем тата отчетпа суйлав пухăвĕсем пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Колхозсенче отчетлă пухусемпе отчетпа суйлав пухăвĕсем ирттересси—хуçалăхла-политикăллă пысăк мероприяти.

Пухусем ăнăçлă иртесси, чи малтан, вĕсене пĕлсе, пур енчен те тĕплĕн хатĕрленнинчен, организациллĕ пысăк ĕçсем туса ирттернинчен килет. Çавăнпа та партипе совет организацийĕсен отчетлă пухусемпе отчетпа суйлав пухăвĕсене хатĕрленсе ирттерессе çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла. Ăçта партипе совет органĕсем тивĕçлипе ертсе пыраççĕ, унта пухусем организованно иртеççĕ, çулталăк хушшинчи ĕçсем çинчен тунă отчетсене колхозниксем пур енчен те тĕплĕн сӳтсе яваççĕ, правленисен ĕçĕнчи ситменлĕхсене тивĕçлипе критиклеççĕ, колхозсен ĕçне лайăхлатма конкретлă сĕнӳсем параççĕ. Тепĕр майлă та. Партипе совет органĕсем çак пысăк та ответлă ĕçе тивĕçлипе ертсе пыман çĕрте отчетпа суйлав пухăвĕсене ирттерес ĕçре пысăк йăнăшсемпе ситменлĕхсем пулаççĕ. Çавăн пек, пĕлтĕр колхозниксен пухăвĕсем Елчĕк, Чкаловски, Шупашкар районĕсенчи уйрăм ялхуçалăх артелĕсенче начар иртнĕ, вĕсенче отчетсене сӳрĕккĕн сӳтсе явнă, колхозсен ĕçĕнчи ситменлĕхсене кирлĕ пек палăртса тĕплĕн сӳтсе яман, ситменлĕхсене, ĕçри чăрмавсене пĕтерме тивĕçлĕ мерăсем йышăнман. Паллах çакăн пек ячĕшĕн, тĕплĕн хатĕрленмесĕр ирттернĕ пухусем колхозсен ĕçне лайăхлатма сахал пулăшаççĕ.

Отчетпа суйлав пухăвĕсен тĕп задачи вăл — колхозăн обществăллă хуçалăхне малалла аталантарма кансĕрлесе тăракан мĕнпур ситменлĕхсемпе чăрмавсене пур енчен те тĕплĕн уçса палăртасси, çапла вара мĕнпур йăнăшсемпе ситменлĕхсене татăклăн пĕтермелле тăвасси пулать. Унсăрăн пысăк хуçалăх ĕçне ăнăçлă тытса пыма çук. Çавăнпа та отчетлă пухусене ирттерме хатĕрленесси çине Чăваш АССР Ялхуçалăх министерстви енчен те, КПСС райкомĕсемпе райсовет исполкомĕсем енчен те тимлĕн пăхни кирлĕ. Вĕсен колхоз правленийĕсене çулталăк отчечĕсене вăхăтра тата тĕплĕ çырса хатĕрлеме, пухусем пуличчен колхозсен пĕтĕм финанспа хуçалăх ĕçĕсене ревизи туса тухма, пурлăхсене шута илме, колхозсем умĕнче парăма кĕнĕ организацисемпе, учрежденисемпе, уйрăм çынсемпе расчет тума, çавăн пекех вырăнсăр тăкаксене пĕтерме пулăшмалла.

Отчетлă пухусене тата отчетпа суйлав пухăвĕсене республикăри пур колхозсенче те февралĕн 20-мĕшĕччен ирттермелле. Пухусене ялхуçалăх артелĕн Уставĕ хушнă пек, колхоз демократине çирĕп тытса пынипе, критикăпа самокритикăна анлăн сарнă никĕс çинче ирттермелле. Отчетлă пухусенче, отчетпа суйлав пухăвĕсенче колхозсен, колхоз правленийĕсемпе ревизи комиссийĕсен мĕнпур ĕçне, колхоз председателĕсен, бригадирсен, ферма работникĕсен тата ытти мĕнпур ĕçлĕ çынсен ĕçĕсене пур енчен те тĕплĕн сӳтсе явмалла, критикăна анлăн сарнипе ĕçри мĕнпур ситменлĕхсене уçса палăртмалла, çапла вара вĕсене пĕтерес тĕлĕшпе конкретлă мерăсем йышăнмалла. Отчетпа суйлав пухăвĕсем ирттернĕ чухне ялхуçалăх артелĕн Уставне пăснисене пĕтерессине çине тимлĕ пăхмалла. Колхозсен обществăллă хуçалăхне малалла тĕреклетсе пырас, ăна нумай енлĕн аталантарас тĕлĕшпе паян, ыран, çитес çывăх кунсенче мĕн тумалла? Çаксем çинчен пухусенче тĕплĕн сӳтсе явмалла. Мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне малалла ӳстерме, обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ӳстерме, государство умĕнчи обязательствăсене вăхăтра тултарма, колхозсен обществăллă пурлăхне тата колхозниксен материальнăй пурнăçĕпе культурăллă шайне ӳстерме колхозсен ĕç резервисемпе тата материальнăй пурлăхĕпе туллин усă курмалла, халиччен усă курман ресурссене ĕçе мобилизацилемелле. Çак ыйтусем вĕсем пухусенче тĕп вырăнта тăмалла.

Халăхсен аслă çулпуçĕ Сталин юлташ: пур ĕçе те кадрсем, хăйсен ĕçĕн техникине вĕренсе çитнĕ кадрсем татса параççĕ, тесе вĕрентет. Колхозсем пĕрлешсе пысăкланнă хыççăн шултра хуçалăха ертсе пырассишĕн парти организацийĕсен ответлăхĕ тата та ытларах ӳсрĕ. Çавăнпа та колхозсене ертсе пыракан кадрсемпе тĕреклетесси уйрăмах пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулса тăрать. Отчетпа суйлав пухăвĕсем ирттерекен колхозсенче председатель пулма кама суйласа лартасси çине уйрăмах тимлĕ пăхмалла. Колхоз председателĕ пулма ĕçре тĕрĕслен-нĕ, политика тĕлĕшĕнчен шанчăклă, колхозниксем хисеплекен ялхуçалăх специалисчĕсене, аслă е вăтам ялхуçалăх шкулĕсенчен вĕренсе тухнă çынсене, чи малтан, агрономсене, зоотехниксене, ытти ялхуçалăх специалисчĕсене, çавăн пекех колхозсене ертсе пырас ĕçре нумай çул хушши ĕçлесе пысăк опыт туяннă, колхоз производствине ертсе пыма пултаракан практиксене тата хĕрарăмсене суйлама тăрăшмалла. Кунпа пĕрлех халиччен колхоз председателĕсем пулса ĕçлекен ялхуçалăх специалисчĕсене çак ертсе пырас ĕçре çирĕплетсе хăварасси çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла. Колхоз председателĕ пулса ĕçлекен ялхуçалăх специалисчĕсене парти райкомĕсемпе райсовет исполкомĕсен ялхуçалăх артелĕн производствăллă ĕçĕсене йĕркелесе ярас, ĕçе организацилессине лайăхлатас, ĕç дисциплинине тĕреклетес, колхозсен обществăллă хуçалăхне пур майсемпе аталантарас ĕçре вăхăтра кирлĕ пулăшу памалла.

Отчетпа суйлав пухăвĕсене ирттерме хатĕрленнĕ кунсенче колхозсенче вăрлăх фончĕ хывса çитерес, çуракине пур енчен те кăтартуллă хатĕрленсе ирттермелле тăвас ĕçсем çине пысăк тимлĕхпе пăхмалла. Пухусем Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пурнăçлама колхозниксен анлă массисене мобилизацилес тĕллевпе иртмелле.

Парти райкомĕсемпе райсовет исполкомĕсен юлса пыракан колхозсене малтисене хуса çитме пулăшмалла. Çавăнпа та вĕсен обществăллă хуçалăхĕсене аталантарма татăклă мерăсем йышăнмалла, ĕçри ситменлĕхсене хăвăртрах пĕтерес, ĕçе организацилессине лайăхлатас, производствăллă бригадăсемпе выльăх-чĕрлĕх фермисене кадрсемпе тĕреклетес, учетпа отчет ĕçĕнче çирĕп йĕрке тăвас ĕçсем çине тимлĕ пăхмалла.

Пухусене лайăх ирттернипе партин XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăхĕ умне кăларса тăратнă задачăсене ăнăçлă пурнăçламалла тăвар!

### Шупашкар районĕ вăрман хатĕрлев планне тултарнă

БӲКЕÇ, январĕн 8-мĕшĕ. (Телеграфпа). Шупашкар районĕ январĕн 7-мĕшĕнче вăрман хатĕрлемелли сезон планне: касса хатĕрлес енĕпе—136 процент, çул хĕррине илсе тухас енĕпе—112 процент тата турттарса кăларас енĕпе—102 процент тултарнă.

Вăрман хатĕрлевĕнче уйрăмах «Красный флот», Мичурин ячĕпе тăракан, «Красное знамя», Ильич ячĕпе тăракан, «Победа», Кадыков ячĕпе тăракан колхозсем лайăх ĕçлерĕç.

Планран ирттерсе йывăç касса хатĕрлес, çул хĕррине илсе тухас тата турттарса кăларас ĕç малалла пырать.

КПСС Шупашкар райкомĕн секретарĕ М. ЗАЙЦЕВ.
Райисполком председателĕ А. СЕМЕНОВ.
Йĕпреç вăрманпромхозĕн директорĕ Я. ЦВЕТКОВ.

## *КПСС Чăваш обкомĕнче*

### Пăрачкав МТС-ĕнчи механизаторсем тракторсемпе ялхуçалăх машинисене срокчен—ĕççынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсен суйлав кунĕ—1953 çулхи февралĕн 22-мĕшĕ тĕлне—юсаса пĕтерме пулса социализмлă обязательствăсем илни çинчен

КПСС Чăваш обкомĕн секретариачĕ çапла йышăнчĕ:

1. Пăрачкав МТС-ĕнчи механизаторсем тракторсемпе ытти ялхуçалăх машинисене срокчен — ĕççынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсен суйлав кунĕ—1953 çулхи февралĕн 22-мĕшĕ тĕлне—юсаса пĕтерме социализмлă ăмăрту пуçарса янине ырлас.

2. КПСС райкомĕсемпе МТС директорĕсен политика енĕпе ĕçлекен заместителĕсене Пăрачкав МТС-ĕнчи работниксем йышăннă обязательствăсем çинчен пур МТС-сенче те сӳтсе явма, тракторсене, комбайнсене тата ытти ялхуçалăх машинисене срокчен юсаса пĕтерессишĕн тата лайăх юсассишĕн республикăри мĕнпур механизаторсен ăмăртăвне организацилеме хушас.

3. Республикăри тата районсенчи хаçатсен редакцийĕсене республикăри механизаторсем МТС-сен техникине çураки ĕçĕсене тума лайăх хатĕрлесе çитерессишĕн ăмăртса ĕçленине тăтăшах çутатса пыма хушас.

### Пăрачкаври машина-трактор станцийĕнче ĕçлекен трактористсем, комбайнерсем, механиксем, юсав ĕçĕнчи рабочисем тата ытти работниксем илнĕ *социализмлă обязательствăсем*

Пирĕн МТС-ри механизаторсем, хамăра шанса панă техникăпа пысăк тухăçлă ĕçлессишĕн кĕрешсе, иртнĕ 1952 çулта тракторсемпе ĕçлемелли плана ăнăçлă тултартăмăр.

КПСС XIX-мĕш съезчĕ колхозсенче ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ӳстерес тата обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе МТС работникĕсем умне пысăк задачăсем кăларса тăратрĕ. Çак задачăсене пурнăçлас тĕлĕшпе пирĕн нумай ĕç тумаллине тата хамăрăн ответлăха туйса, эпир, Пăрачкав МТС-ĕнчи работниксем, республикăри механизаторсен канашлăвĕнче пулнисем чĕнсе каланине сӳтсе явнă хыççăн, вырăнти Советсене суйлама хатĕрленнĕ май ĕçри çĕкленӳ сарăлса пынă вăхăтра, çавăн пек социализмлă обязательствăсем илетпĕр:

1. Тракторсене тата вĕсенчен кăкарса ĕçлемелли машинăсене юсамалли плана ĕççынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсене суйламалли кун — 1953 çулхи февралĕн 22-мĕшĕ тĕлне тултарас. Çав срок тĕлне комбайнсене тата тракторпа ĕçлемелли молотилкăсене 50 процент чухлĕ уй-хир ĕçĕсене тума хатĕрлесе çитерес.

2. Тракторсемпе ытти ялхуçалăх машинисене питĕ лайăх юсамалла. Узловой меслетпе ĕçлемелли йĕркене тата юсав технологине çирĕп пăхăнса, МТС мастерскойĕнче юсанă машинăсене лайăх юсани çинчен паспорт панă хыççăн тин мастерскойран кăлармалла.

3. Юсамалли оборудованипе тата механизмсемпе туллин усă курмалла, кашни рабочи сменăри нормăна тултарса тата ирттерсе тултарса пырассине пурнăçламалла, тракторсене юсама каякан хака 5 процент йӳнетмелле.

4. Кадрсен квалификацине ӳстерес тата МТС кадрĕсем темиçе специальноçпа ĕçлеме вĕренччĕр тесе, трактористсене, бригадирсене тата механиксене юсав ĕçне, машинăсемпе ĕçлемелли майсене, агротехникăна, çĕнĕ маркăллă тракторсемпе комбайнсене вĕрентессине организацилес. МТС çумĕнчи курсра тата механизаци шкулĕсенче трактористсем, комбайнерсем, бригадирсем тата механиксем пулса ĕçлеме 50 çынран кая мар вĕрентсе хатĕрлес.

5. Тракторсемпе ытти ялхуçалăх машинисене сарайсенче, лупас айĕнче тата ятарласа хатĕрленĕ площадкăсенче лайăх сыхласа усрассине организацилес.

6. Çураки пуçланнă тĕле пур трактор бригадисенче те уя илсе тухмалли вагонсем хатĕрлесе, вĕсене лайăх туса çитерес.

7. Колхозсене çуракине хатĕрленес тата выльăх-чĕрлĕхе лайăх хĕл каçарас ĕçре, тивĕçлĕ пулăшу парса тăрас.

Хамăр çине пысăкрах обязательствăсем илсе, эпир республикăри мĕнпур механизаторсене тракторсемпе ытти ялхуçалăх машинисене ĕççынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсен суйлав кунĕ—1953 çулхи февралĕн 22-мĕшĕ тĕлне лайăх юсаса çитерессишĕн, çуракинче уй-хир ĕçĕсене тума МТС техникине лайăх хатĕрлесе çитерессишĕн социализмлă ăмăртăва хутшăнма чĕнетпĕр.

Çак обязательствăсене коллектив пухăвĕнче сӳтсе явса йышăннă.

### Агитпунктсенче

ШĂХАСАН. Уйкас Кипекри агитпунктра суйлавçăсем Мускавран тата Шупашкартан радио тăрăх паракан хыпарсене итлеççĕ, тĕрлĕ хаçат-журналсем вулаççĕ, суйлав Положенине вĕренеççĕ. Юлашки вăхăтра «Сталинла Конституци—тĕнчери чи демократиллĕ конституци», «Патша Российĕнче суйлавсем мĕнле иртнĕ» тата ытти темăсемпе лекцисем тата калаçусем ирттернĕ. И. Шоркин, А. Михайлов, В. Емельянов агитаторсем уйрăмах тимлĕн ĕçлеççĕ.

Агитпунктра справка сĕтелĕ тунă. Кунта 20 çын ытла тĕрлĕ ыйтусем тăрăх ответсем илнĕ. Кунтах заем выляvĕсене те тĕрĕслеççĕ. Юлашки вăхăтра ялти çынсем пĕтĕмпе 4.000 тенкĕ выляса илни палăрнă.

Агитпунктра «Вырăнти Советсен суйлавĕсем», «Коммунизмăн аслă стройкисем», «Çĕнĕ пилĕкçуллăхра ялхуçалăх умĕнче тăракан задачăсем» темăсемпе витринăсем тунă. Суйлав ячĕпе ятарласа «Гвардеец» стена хаçатне кăларнă.

Кунта драма кружокĕ тата оркестр организациленĕ. Драма кружокĕ 2 хутчен спектакль лартрĕ. Оркестр концертсем пама хатĕрленет.

Агитпункт суйлав кампанийĕнче ĕçлеме план тунă. Суйлавçăсене 15 лекци вуласа пама, калаçусем нумай ирттерме, 6 хутчен концерт пама, çамрăксен вечерне виçĕ хутчен ирттерме палăртнă.

Коммунистсемпе комсомолец-агитаторсем хăйсене çирĕплетсе панă килсенче калаçусем ирттереççĕ.

* * *

Шупашкарти 5-мĕш номерлĕ суйлав участокĕн агитпунктĕ Учительсен çуртне вырнаçнă.

Агитпункта лозунгсемпе, плакатсемпе илемлетнĕ. Кунтах справка сĕтелĕ ĕçлет, çĕнĕ хаçат-журналсем килсе тăраççĕ.

Учительсен çурчĕ çумĕнчи библиотека суйлава хатĕрленнĕ май агитаторсене пулăшма суйлав литературин витринине туса хатĕрленĕ.

Агитпункт агитациллĕ-массăллă ĕçе анлăн туса пырать. Агитаторсем суйлав законĕ çинчен калаçусем ирттереççĕ.

И. СЕРГЕЕВ.

## *Совет Союзĕ тăрăх*



Алтай крайĕ. Барнаулти механически прессем тăвакан заводри А. В. Лякишев фрезеровщика Станоксем тăвакан промышленность министерствин чи лайăх тата хăвăрт ĕçлекен фрезеровщикĕ ятне панă. Вăл иртнĕ çултаlăкра 2,5 çул нормине тултарнă.

Ӳкерчĕк çинче: чи лайăх тата хăвăрт ĕçлекен фрезеровщик А. В. Лякишев.

В. НИКОЛАЕВ фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

### Партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене тата И. В. Сталин юлташăн „СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем“ ятлă произведенине вĕренеççĕ

ТАГАНРОГ. Хулари парти вĕренĕвĕн кружокĕсемпе политшкулсенче партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене вĕренме тытăннă. Ĕнер пропагандистсем пин çынна яхăн «И. В. Сталин юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче каланă сăмах» темăпа занятисем ирттернĕ.

КПСС хула комитечĕн библиотеки И. В. Сталин юлташăн гениллĕ произведенийĕ çинчен лекцисем организациленĕ. Малтанхи лекцисене çак темăсемпе вуланă: «И. В. Сталин юлташăн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕ — марксизм-ленинизм теорине пуянлатакан питĕ пысăк ĕç», «И. В. Сталин экономикăллă аталану законĕсен объективлă характерĕ çинчен» т. ыт. те.

ФРУНЗЕ. Киргизири Компартин Центральнăй Комитечĕ партин хула комитечĕсемпе райкомĕсен секретарĕсен семинарне ирттернĕ. Семинарта пулнисем КПСС XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем çинчен тата И. В. Сталин юлташăн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă классикăллă произведенийĕ çинчен лекцисем итленĕ.

Киргизири Компартин Центральнăй Комитечĕн секретарĕ И. Р. Раззаков «Критикăпа самокритика, унăн парти пурнăçĕнчи ролĕпе пĕлтерĕшĕ» темăпа лекци вуласа панă.

НОВАЯ КАХОВКА. Каховкăри гидроэлектростанцие тăвакансем КПСС XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене тата И. В. Сталин юлташăн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ произведенине питĕ интересленсе вĕренеççĕ.

Кружоксемпе политшкулсенче пулса иртнĕ малтанхи занятисенче И. В. Сталин юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче тухса каланă историллĕ сăмаха вĕреннĕ. Строительствăри парти активĕ КПСС XIX-мĕш съезчĕн историллĕ пĕлтерĕшĕ çинчен лекци итленĕ.

ТУРУХАНСК (Красноярск крайĕ). Кунта пуçламăш парторганизаци секретарĕсен семинарĕ пулса иртнĕ. Семинарта пулнисем И. В. Сталин юлташăн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕ çинчен тата партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисем çинчен лекцисем итленĕ.

ВЛАДИВОСТОК. Артем хулинчи коммунистсем, комсомолецсем тата партире тăманнисем 5 пин çын ытла ĕнер партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене тата И. В. Сталин юлташăн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенине вĕренме тытăннă.

Партин хула комитечĕ занятисене ирттерме хатĕрленнĕ чухне пропагандистсемпе нумай ĕçленĕ. И. В. Сталин юлташ съездăн юлашки ларăвĕнче тухса каланă сăмаха вĕренмелли занятисем лайăх иртнĕ.

Владивосток, Ворошилов, Сучан хулисенче, крайри ытти хуласемпе ялсенче те парти вĕренĕвĕн кружокĕсемпе политшкулсенче занятисем йĕркеллĕ пулса иртнĕ.

Январĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС).



Мускавра Ленинские горы ятлă вырăнта Государствăн Мускаври университечĕ валли çӳлĕ çурт туса пĕтереççĕ. Строительсем çурта шал енчен илемлетеççĕ, сĕтел-пукан лартаççĕ, электрооборудовани тата электроарматура вырнаçтараççĕ.

Ӳкерчĕк çинче: актовăй залра В. С. Фабричев столяр (сылтăмри) тата П. Н. Ниловпа Н. В. Кузнецов дивансем лартаççĕ.

Э. ЕВЗЕРИХИН фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

### МАЛТА ПЫРАКАН СОВХОЗРА

СТАВРОПОЛЬ, январĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Тĕштырă акса тăвакан Петровски совхоз вăрçă хыççăнхи çулсенче пĕтĕмпех механизациленĕ хуçалăх пулса тăнă. Кунта ялхуçалăхĕнчи мĕнпур ĕçсене машинăсемпе тăваççĕ. Уйсем тавра вăрман тăрăхĕсем лартса ӳстернĕ. Курăк акас ĕç анлă сарăлнă. Çакна май çулла çанталăк уяр тăракан çеçенхирте вырнаçнă совхоз пысăк тупăш паракан хуçалăх пулса тăнă. Унăн акмалли çĕр 10 пин гектара яхăн. Иртнĕ çулта кашни гектартан 22,8 центнер тырă пухса кĕртнĕ. Акнă курăксем çулса утă çителĕклĕ хатĕрленĕ тата тырă çителĕклĕ уйăрнă май выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ нумай ӳснĕ. Совхоз 257 ĕне усрать. Иртнĕ çулта кашни ĕнерен 3-шер пин килограмм сĕт суса илнĕ.

Совхоз коллективĕ 1953 çулта кашни гектартан 23,5 центнертан кая мар тырă туса илме обязательство йышăннă. Сурхуние акма сортлă вăрлăх çителĕклĕ хатĕрленĕ, удобренисем хатĕрлеме тытăннă. Механизаторсем тракторсене тата ытти ялхуçалăх машинисене юсаççĕ.

### Хурçă шăратакансен ăнăçлă ĕçĕ

ЛЕНИНГРАД, январĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). В. И. Ленин ячĕпе тăракан машинăсем тăвакан заводри хурçă шăратакансем çĕнĕ çулăн малтанхи кунĕсенче вуншар тонна питĕ паха хурçă шăратса кăларнă. Мартеновецсем хурçăна 70 процент таран хăвăрт майпа шăратса кăлараççĕ, нормăран ирттерсе металл шăратса параççĕ.

Хурçă шăратакансем, ĕçе тĕрĕс йĕркелесе тата механизацилесе, производство циклне 1,5—2 сехет чакарнă.

### *Тĕштырăсем акаççĕ*

КАРШИ, январĕн 6-мĕшĕ (ТАСС). Узбекистанăн кăнтăр пайĕнче хĕвеллĕ ăшă кунсем тăраççĕ. Кашка-Дарья облаçĕнчи колхозсем пĕлтĕрхинчен чылай малтан тĕштырăсем акма пуçланă. Карши, Касан тата Бешкент районĕсенче тулăпа урпа пиншер гектар акнă.

Тырпул тухăçлăхне ӳстерес тесе, колхозсем тырăсене хĕреслĕ майпа акаççĕ тата ытти агротехникăллă ĕçсене те тăваççĕ.

### Н. В. ГОГОЛЬ СОЧИНЕНИЙĔСЕН ПУХХИ

СССР Наука академийĕ Н. В. Гоголь сочиненийĕсен пуххине пичетлесе кăларса пĕтернĕ. Сочиненисен пуххинче 14 том. Вырăссен аслă писателĕн илемлĕ произведенийĕсем 9 том, çырăвĕсем 5 том пичетленсе тухнă.

Чи юлашкинчен IX-мĕш том пичетленсе тухнă. Çак тома сăвăсем, произведенисен сыпăкĕсем тата малтанлăха çырнисем, истори материалĕсем, вырăс чĕлхи, географи, этнографи тата фольклор енĕпе пухнă материалсем, çавăн пекех тата Н. В. Гоголь çырса пымалли пĕчĕк кĕнекесене çырса хунисем кĕнĕ.

Н. В. Гоголь Петербургри университетра истори тăрăх лекцисем вулама хатĕрленнĕ чухне çырнă конспектсене малтанхи хут пичетлесе кăларнă. Сочиненисен пуххинче вырăс чĕлхи словарĕн материалĕсене малтанхи хут пичетленĕ, аслă писатель юлашки çулсенче çав словаре хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçленĕ. (ТАСС).

# Профсоюз организацийĕсене çирĕплетмелле

Совет халăхĕ, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, коммунизм тăвасси сталинла програмăна пурнăçласассишĕн кĕрешет. Çак аслă ĕçе совет профсоюзĕсем те активлă хутшăнаççĕ.

Совет профсоюзĕсем социализмла ăмăртăва пуçарса ертсе пыраççĕ, рабочисемпе служащисене коммунистла воспитани парас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем тăваççĕ, ĕçсыннисен пурнăçпа йăла условийĕсене лайăхлатассишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ.

Пирĕн районти профсоюз организацийĕсем те, парторганизацисем ертсе пынипе, профсоюзсем умĕнче тăракан задачăсене ăнăçлăн пурнăçласа пыраççĕ. 1952 çулта профсоюз организацийĕсем профсоюз членне çĕнĕрен 203 çынна илнĕ. Уйрăм организацисем, сăмахран, çыхăну работникĕсен рабочкомĕ, райпо месткомĕ тата ыттисем те пур рабочисемпе служащисене те профсоюз ретне явăçтарнă. Сĕт-кантăр заводĕнчи профсоюз комитечĕ рабочисем хушшинче социализмлă ăмăртăва анлăн сарса пырать. Кунта цехпа цех, сменăпа смена, рабочипе рабочи завод умĕнче тăракан производство программине срокчен тултарассишĕн ăмăртса ĕçлеççĕ. Ăмăрту итогĕсене вăхăтра кăтарту хăми çине çырса пыраççĕ. Ăмăртура малта пыракан работниксем М. Павлова, О. Ефимова, Д. Фадеева, М. Симонова, М. Иванова юлташсем сменăри ĕç нормине кашни кунах 120—150 процент тултараççĕ. Малта пыракансен ĕç опытне ыттисем хушшинче сарас майпа завком стахановецсен сменăсемпе цехсенчи пухăвĕсене ирттерет.

Анчах районти профсоюз организацийĕсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем те пур. Профсоюзăн хăшпĕр райкомĕсемпе месткомĕсем тата профгруппăсем çĕнĕрен членсем илес тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ, профсоюз членĕсен пухăвĕсене вăхăтра ирттермеççĕ, член укçине вăхăтра пухмаççĕ, социализмла ăмăртăва çителĕксĕр ертсе пыраççĕ, ĕç дисциплинине çирĕплетессишĕн кирлĕ пек ĕçлемеççĕ. Потребкооперации работникĕсен союзĕн райкомĕ (председателĕ Яковлева юлташ) çĕнĕрен члена илес, член укçи пухас тĕлĕшпе начар ĕçлемест. Çакна пула кунта хăшпĕр работниксем, сутă-илӳ системинче темиçе çул ĕçлеççĕ пулсан та, профсоюз членне кĕмен. Член укçи пухасси те чăтма çук начар пырать,—çулталăкри плана декабрĕн 1-мĕшĕ тĕлне 60 процент ытларах çеç тултарнă.

Профсоюзăн хăшпĕр организацийĕсенче профсоюз членĕсен пухăвне 1952 çулта пачах ирттермен.

Уйрăм предприятисенчи профсоюз организацийĕсем социализмлă ăмăртăва кирлĕ пек ертсе пымаççĕ. Элĕк райпотребсоюзĕ Советски тата Калинино райпотребсоюзĕсем социализмлă ăмăртăва хутшăннă. Анчах потребкооперации работникĕсен союзĕн райкомĕ социализмла ăмăрту мĕнле пынине нихçан та тĕрĕслемест, потребкооперации работникĕсене ăмăртура малта тухма мобилизацилемест. Çакна пула ĕнтĕ райпотребсоюз тавар çаврăнăш планне пĕр квартала та тултараймасть. Профсоюз организацийĕн ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе çĕнĕрен тăвакан сĕт-кантăр заводĕнчи комитет та (председателĕ Кременев юлташ) нимĕн те тумасть.

Профсоюз организацийĕсене хăшпĕр пуçламăш парторганизацисем çителĕксĕр ертсе пыраççĕ, вĕсен ĕçĕсем çинчен парти пухăвĕсенче сӳтсе явмаççĕ. Местком председателĕсене, профгруппоргсене кулленхи ĕçре вĕрентсе пулăшса пымаççĕ. Райпотребсоюзăн, финанс пайĕнчи, уполминзагăн тата ытти пуçламăш парторганизацийĕсем 1952 çулта профсоюз ĕçĕсем çинчен пĕрре те сӳтсе явман. Çакна пула ĕнтĕ кунти профсоюз организацийĕсем хăйсен ĕçне кирлĕ пек туса пымаççĕ.

Профсоюз райкомĕсемпе месткомĕсен ĕçне профгруппăсен ĕçне йĕркелес тĕлĕшпе Облпрофсовет тивĕçлĕ вырăн йышăнмалла. Унăн райкомсене, рабочкомсене, месткомсене тата профгруппăсене кирлĕ пек вĕрентсе пымалла. Анчах профсоюз организацийĕсене ертсе пырас тĕлĕшпе профсоюзăн хăшпĕр обкомĕсем çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Потребкооперации работникĕсен профсоюз обкомĕ (председателĕ Григорьева юлташ) райкомсен ĕçĕпе çителĕксĕр интересленет. Вырăна тухса ĕçсене кирлĕ пек пулăшу памасть. Потребкооперации работникĕсен Элĕк райкомĕн ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур пулсан та, профсоюз обкомĕнчен кунта 1952 çулта никам та килсе курман.

Çĕнĕрен тăвакан сĕт-кантăр заводĕнче çитменлĕхсем питĕ нумай. Кунта ĕç тухăçлăхĕ начар, ĕç нормисене те пăтрантараççĕ. Рабочисен культурăпа йăла условийĕсем çителĕксĕр. Завком хăйĕн ĕçне кирлĕ пек туса пымасть. Кунти ĕçсене тĕрĕслеме, рабочисен культурăпа йăла условийĕсемпе интересленме, ĕç нормисене тĕрĕслесе пăхма профсоюз обкомĕнчен представитель ăна иртнĕ çулхи сентябрь уйăхĕнче чĕннĕ. Анчах профсоюз обкомĕнчен никам та килмест.

И. ЧИРКОВ.

## Пропагандистсен семинарĕ

КПСС Шăхасан райкомĕ штатра тăман пропагандистсен семинарне ирттерчĕ. Пропагандистсем «Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ», «И. В. Сталин юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче каланă сăмах» темăсем тăрăх Яковлевпа Морозов юлташсем тунă лекцисене итлерĕç.

И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ çĕнĕ произведенийĕ çинчен КПСС райкомĕн пĕрремĕш секретарĕ М. Родионов юлташ лекци вуласа пачĕ.

Семинарта çавăн пекех выранти Советсен суйлавне ирттерес тĕлĕшпе пропагандистсем умĕнче тăракан задачăсем çинчен сӳтсе явнă.

Семинарта 100 пропагандист ытла пулчĕ.

## Агитпункт заведующийĕсен семинарĕ

КПСС Чкаловски райкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕ агитпункт заведующийĕсен семинарне ирттерчĕ.

Семинарта выранти Советсен суйлавне ирттерес ĕçре агитпунктсем умĕнче тăракан задачăсем çинчен КПСС райкомĕн секретарĕ Н. Фомин юлташ доклад туса пачĕ.

# Литература кружокĕсене ертсе пыни кирлĕ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ тата аслă çулпуçăмăрпа учителĕмĕр И. В. Сталин юлташ нумай нациллĕ совет литературине пĕрмаях аталантарса пырассишĕн тимлĕн тăрăшаççĕ. Çакна ăна партин Центральнăй Комитечĕ вăрçă хыççăнхи вăхăтра «Звезда» тата «Ленинград» журналсем çинчен йышăннă постановлени, çавăн пекех литература, кино, музыка енĕпе йышăннă ытти пăлла документсем те лайăх çирĕплетсе параççĕ. Асăннă историллĕ документсем совет литературипе искусствине пысăк ӳсĕмсем тума май пачĕç.

Пирĕн чăваш совет литературинче те вăрçă хыççăнхи çулсенче пысăк улшăнусем пулчĕç, литературăра çĕнĕ ятсем палăрчĕç. Сырма тытăннă çамрăксене пулăшас тĕлĕшпе Чăваш совет писателĕсен Союзĕ те ĕçе кăштах лайăхлатрĕ.

Тин çырма пуçланă çамрăксен пултарулăхне палăртас тата вĕсене пĕтĕçтерес тĕлĕшпе литература кружокĕсем пăлла вырăн йышăнаççĕ. Акă, Первомайски районĕнчи Çĕньялти çичĕ çул вĕренмелли шкулта 1940 çултанпах литература кружокĕ ĕçлет, ăна 12 çул хушши пĕр улшăнмасăр чăваш чĕлхипе литературине вĕрентекен преподаватель, Чăваш АССР шкулĕсен тава тивĕçлĕ учителĕ В. С. Антонов юлташ ертсе пырать. Литература кружокĕн членĕсем «Хĕрлĕ Çăлтăр» ятлă журнал кăларса тăраççĕ, унта кружок членĕсем çырнă чи лайăх калавсемпе очеркасем, сăвăсем, критикăллă статьясем çыраççĕ. Кружок занятийĕсенче совет писателĕсен çĕнĕ кĕнекисене сӳтсе яваççĕ, кружок членĕсен çĕнĕ произведенийĕсене тишкĕрсе тухаççĕ, литература теорийĕпе тĕплĕн паллашаççĕ. Литература кружокĕ пуçарнипех шкулта вулакансен конференцийĕсене тăтăшах ирттерес-çĕ. 1951 çулта литература кружокĕн членĕсен мир çинчен çырнă произведенийĕсене пухса «Мир вăрçа çĕнтерет» ятлă алăпа çырнă сборник хатĕрлесе кăларнă.

Литературăна юратакан çамрăксем кашни шкултах, колхозрах тата предприятисенче те нумай. Пирĕн районти хаçат редакцине çамрăк авторсен произведенийĕсем питĕ нумай килсе тăраççĕ. Хаçат редакцийĕ çав произведенисенчен чи лайăххисене литература страницинче пичетлеме тăрăшать. Юлашки виçĕ çул хушшинче кăна районти хаçатра çамрăк авторсен сăввисенĕ 30 яхăн пичетленĕ.

Анчах çырма тытăнакансене пулăшас ĕçре пысăк çитменлĕхсем пур. Шкулсенчи литкружоксем чылайăшĕ плансăр, нимĕнле системăсăр ĕçлеççĕ, çавна пула вĕсен ĕçĕнче йывăрлăхсемпе чăрмавсем тĕл пулаççĕ. Калас пулать, шкулсенчи литература кружокĕсен ĕçне ертсе пырас, лайăх ĕçлекен литкружоксен паха опытне ытти шкулсене сарас тĕлĕшпе районсенчи çутĕç пайĕсемпе ВЛКСМ райкомĕсем те сахал ĕçлеççĕ.

«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн 1951 çулхи сентябрь уйăхĕнче тухнă номерĕнче Чăваш совет писателĕсен Союзĕн правленин председателĕ пулнă Л. Агаков юлташ «Çамрăк писательсемпе ĕçлессине вăйлатар!» статьинче пысăк та кирлĕ ыйтусем хускатрĕ. Статьяра Чăваш совет писателĕсен Союзĕн правленийĕ литература кружокĕсем валли ятарласа вĕренӳ программи хатĕрлени çинчен тата çав программа сывăх вăхăтрах «Ялав» журналта пичетленсе тухасси çинчен пĕлтернĕччĕ. Районсенчи хаçат редакцийĕсем, шкулсенчи литкружоксем çак хыпара пысăк хавхаланупа кĕтсе илчĕç. Анчах кĕтни кăлăхах пулчĕ. Унтанпа çулталăк иртрĕ, литкружоксем валли хатĕрленĕ программăна «Ялав» журналра та курма пулмарĕ.

Çамрăк писательсемпе тин çырма пуçлакансене пулăшас енĕпе «Çамрăк коммунист» хаçатăн тӳрремĕнех çине тăрса ĕçлемелле. Ку тĕлĕшпе вара «Çамрăк коммунист» хаçат пуçарулăх кăтартмасть, çамрăксен произведенийĕсене питĕ сахал пичетлет, вĕсен произведенийĕсенчи çитменлĕхсене тишкерсе тухса кирлĕ кăтартусем памасть. Хаçат страницисенче уйрăм çамрăк авторсен сăввисене пичетленисĕр пуçне ытти жанрпа çырнă произведенисене пачах та курма çук.

Çамрăк авторсене вăхăтра пулăшасси, вĕсене палăртса пĕр çĕре пухасси—питех те ответлă та чыслă ĕç. Çак ĕçе тивĕçлипе йĕркелесе ярас тесен, чи малтанах, литература кружокĕсене ертсе пырас ĕçе тивĕçлипе лайăхлатмалла.

А. ТУКМАКОВ.



1872 çулхи декабрĕн 2-мĕшĕнче Пăрачкавра аслă çулпуçăмăрăн В. И. Ленинăн ашшĕ—И. Н. Ульянов учительсен семинарине уçнă. Учительсен семинарийĕ тата Совет влаçĕ пулнăранпа педагогика училищи учительсем вĕрентсе хатĕрлес тĕлĕшпе питĕ пысăк ĕç тунă. Елĕк учительсен семинарийĕ ĕçленĕ, халĕ педагогика училищи ĕçлекен çак çурта Чăваш АССР-ĕн культура памятникĕсен шутне кĕртнĕ, ăна государство упраса тăрать.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Чăваш АССР-ĕн культура памятникĕ—Пăрачкаври педагогика училищин çуртĕ.

П. МАТЮХИН фотоӳкерчĕкĕ.

# Йышăннă обязательствăна чыслăн пурнăçламалла

*(Редакцие килнĕ çырусене пăхса тухни)*

Комсомольски районĕнчи колхозниксемпе колхозницăсем кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра вăрман хатĕрлемелли плана срокчен тата ирттерсе тултарма пулса социализмлă обязательство йышăнчĕç, республикăри мĕнпур колхозниксене государство заданине чыслăн пурнăçлассишĕн социализмлă ăмăртăва анлă сарма чĕнсе каларĕç. Çак патриотла пуçарăва республикăри ĕçсыннисем туллин кăмăлпа кĕтсе илчĕç. Малта пыракансен примерĕпе районсем, вăрманпромхозсем, колхозсем хушшинче социализмлă ăмăрту пуçланчĕ.

И. Прокопьев юлташ Калинино районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз членĕсен паха тĕслĕхĕсем çинчен çырать. Ăмăртса ĕçленипе колхозниксем ĕç нормине 130—140 процент тултарса пыраççĕ. Чылай комсомолецсем электропăчкăпа ĕçлеме вĕренсе çитнĕ. Колхозниксем йывăç касса хатĕрлемелли задание пурнăçланă, каснă йывăçа çул хĕррине илсе тухмалли тата турттарса кăлармалли заданне выранти Советсен суйлав кунĕ тĕлне пурнăçлассишĕн кĕрешеççĕ.

— Кашни кун делянка çинче кăвак сутăпах хĕрӳллĕ ĕç пуçланать. Колхозниксем ĕç нормине 120—130 процент таран тултарса пыраççĕ Ĕçрен таврăнсан агитатор колхозниксене хаçат-журналсем вуласа парать, коммунизмăн аслă стройкисем çинчен ăнлантарса парать,— тесе çырать Советски районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхозран М. Мурзеев юлташ.

Корреспондентсем уйрăм колхозсен руководителĕсем йышăннă социализмлă обязательствăна пурнăçлама колхозниксене мобилизацилеменнн, вăрманпромхозсен руководителĕсем ĕçлеме паха майсем туса памании çинчен ытларах çырса пĕлтереççĕ.

— Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз членĕсем хушшинче агитациллĕ-массăллă ĕçе йĕркелемен. Колхоз председателĕ Сильвестров юлташ ĕç дисциплинине тĕреклетме тăрăшмасть, колхозниксем патĕнче пулмасть. «Заря» колхоз лавçисем, государство валли йывăç турттарас вырăнне, уйрăм çынсем тата тĕрлĕ организацисем валли грузсем турттарса вăхăта ирттереççĕ. Район вăрман хатĕрлевĕ тĕлĕшпе юлса пыни колхозсемпе ял Совечĕсен председателĕсем государство заданине вăхăтра пурнăçлассишĕн тивĕçлĕ ответлăх туйманнинчен, райсовет исполкомĕ вĕсене сахал пулăшнинчен килет,— тесе çырать Йĕпреçрен Г. Русанов юлташ.

М. Степанова юлташ пĕлтернĕ тăрăх, Советски районĕнчи Карл Маркс ячĕпе тăракан колхоз йывăç касса хатĕрлемелли задание 30 процент тултарнă, турттарма вара тытăнман та. Колхоз лашисем ахалех çӳреççĕ.

— Декабрĕн 22-мĕшĕнче çичĕ колхозник лавсем çине утă тиерĕç те вăрман турттарма тесе тухса кайрĕç. Вĕсем виçĕ сукрăмра ларакан Турай ялĕ патне çитнĕ те каялла таврăннă. Колхоз председателĕ Н. Ефимов юлташ ĕçре ответлăх туймасть, пуçламăш парторганизаци секретарĕ Е. Семенов юлташ колхоз Тăван сĕршыв заданине пурнăçлас тĕлĕшпе юлса пынипе килĕшсе тăрать. Парторганизацире 28 коммунист учетра тăрать, вĕсенчен халĕ пĕри те вăрманта ĕçлемест,— тесе çырать автор.

— Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисем тата съездра И. В. Сталин юлташ тухса каланă сăмах Доронин ячĕпе тăракан колхоз членĕсен ĕçри активлăхне ӳстерчĕ. Съезд решенийĕсене хăвăртрах пурнăçлас тесе колхозниксем социализмлă ăмăртăва хутшăнчĕç, йывăç хатĕрлемелли плана срокчен тултарассишĕн кĕрешеççĕ,— тесе пĕлтерет Канаш районĕнчи Яманкасси ялĕнчен И. Мукшин юлташ.

Автор вăрманпромхоз руководителĕсем колхозниксем çине чунсăр пăхнăшăн тарăхать. Мироновпа Гурьев юлташсем ертсе пыракан бригадăсем касса хатĕрленĕ йывăçа пилĕк кун хушшинче никам та йышăнман, колхозниксене çĕнĕ делянка кăтартса паман. Çак вăхăт хушшинче бригадăсем сахалтан та 150 кубометр йывăç касса хатĕрлеме пултарнă. Денисов мастера уйăхра икĕ хутран ытла курма çук. Унпа тĕл пулсан та нимĕн çинчен те ыйтса пĕлме çук. Вăрманпромхоз ОРС-ĕ рабочисемпе колхозниксем пурăннă çĕре апат-çимĕçпе промышленность таварĕсем кӳрсе килмест. Пĕчĕк япала туянас тесен те Канаша, 25 километра кайма тивет,— тесе çырать И. Мукшин юлташ.

В. Наумов юлташ Елчĕкрен çапла çырать:— Авăн çапса пĕтерсенех вăрман хатĕрлеме пикенсе тытăнăпăр,— тесе йăпатса пурăнать район руководителĕсене «Комбайн» колхоз председателĕ Н. Смирнов юлташ. Чăннипе вăл авăн çапса пĕтерме те, вăрман хатĕрлемелли плана тултарма та кирлĕ мерăсем йышăнмасть. Н. Смирнов юлташ КПСС райкомĕн членĕ. Унтан ытти колхоз председателĕсем пример илме тивĕçлĕ. Смирнов юлташăн çакна манма юрамасть: руководительсен кирек хăш ĕçре те государство интересĕсене чи малтан пурнăçлама тăрăшас пулать.

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхăн виççĕмĕш çулĕнче çĕршыв умĕнче пысăк та ответлă задачăсем тăраççĕ. Çав задачăсене чыслă пурнăçлама халăх хуçалăхне йывăç материалсем нумай кирлĕ. Кашни район, колхоз хăйĕн Тăван çĕршыв умĕнчи тивĕçне чыслă пурнăçлатăр. Кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра вăрман хатĕрлемелли плана тултарса тата ирттерсе тултарса колхозниксем çĕршыва коммунизм строительствинче çĕнĕ çитĕнӳсем тума пулăшĕç.

## Укçа-тенкĕ пухас ĕçри ăнăçлăх

МУРКАШ. Районти малта пыракан ял Совечĕсем IV-мĕш кварталта укçа-тенкĕ пухмалли плана ирттерсе тултарчĕç. Уйрăмах Йӳçкасси, Атачай, Кашмаш тата Шĕвĕш ял Совечĕсем паха тĕслĕх кăтартрĕç. Вĕсем кварталти плана 100—110 процент тултарнă.

Йӳçкасси ял Совечĕ (исполком председателĕ Димитриев юлташ) финанс планне кварталтан квартала ăнăçлă тултарса пырать. Ял Совечĕ активпа тачă çыхăнса ĕçлет. Активистсем шутĕнче колхоз правлени членĕсем, бригадирсем тата учительсем пур.

Ял Совечĕ Йӳçкасси, Актай, Илпĕш, Нӳрет тата Патаккасси ялĕсене пĕрлештерсе тăрать. Çак асăннă ялсенче Д. Алексеев, А. Димитриев, С. Архипов, Г. Александров тата И. Игнатьев депутатсем ĕçлеççĕ. Ялти активистсем ĕçсыннисем хушшинче массăллă ăнлантару ĕçне йĕркелеме пулăшаççĕ.

Вĕсем социализмлă ăмăртăва анлăн сарса, хăйсене çирĕплетсе панă ялсенче ял хуçалăх налогĕпе страховка укçи пухмалли плана срокчен тултарнă.

И. АНИСИМОВ.

# Парти комитечĕсен библиотекисен ĕçĕ çинчен

Коммунистсемпе кадрсен марксистла-ленинла вĕренĕвне организацилес, çавăн пекех ĕçсыннисем хушшинче политикăллă агитацие йĕркелес тĕлĕшпе парти комитечĕсен библиотекисем умĕнче пысăк та ответлă задачăсем тăраççĕ. Вĕсен политшкулсемпе кружоксен руководителĕсене, лекторсемпе консультантсене, докладчиксемпе агитаторсене тата марксистла-ленинла теорие харпăр хăй тĕллĕн вĕренекен кадрсене куллен пулăшса пымалла.

Хальхи вăхăтра пирĕн республикăри райкомсемпе хула комитечĕсен 33 библиотека ĕçлет. Унсăр пуçне предприятисемпе учрежденисенчи парти комитечĕсем çумĕнче 6 библиотека организациленĕ.

Парти комитечĕсен библиотекисен пурин те хăйсем умĕнче тăракан задачăсене ăнăçлă пурнăçлама лайăх майсем пур. Вĕсен политикăллă литература çителĕклĕ. Кашни библиотекăрах 6—7-шер пин е унтан та ытларах кĕнекесем пур, тĕрлĕ альбомсем, ытти наглядлăй пособисем тата хаçат-журналсем те сахал мар.

Республикăри чылай библиотекăсем хăйсен ĕçне ăнăçлă туса пыраççĕ, марксизм-ленинизм наукине пропагандăлас тата ĕçсыннисене коммунистла воспитани парас ĕçре парторганизацисене куллен пулăшаççĕ. КПСС Шупашкар хула комитечĕн, Ишлей, Пăрачкав, Йĕпреç райкомĕсен библиотекисем паха опыт туянчĕç. Анчах нумай библиотекăсем çителĕксĕр ĕçлеççĕ, вĕсем марксистла-ленинла теорие вĕренекен кадрсен ыйтăвĕсене пĕтĕмпех тивĕçтермеççĕ.

Библиотекăсен ĕçне план тăрăх туса пымалла. Çав плана райкомăн е хула комитечĕн пропагандăпа агитаци пайĕн планĕпе килĕштерсе тăвас пулать. Кунпа пĕрлех, хăш кружокра е политшкулта мĕн вĕреннине, харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсен шухăш-кăмăлне, пуçламăш парторганизацисен ыйтăвĕсене, массăллă-политикăллă ĕçĕн задачисене шута илмелле. Пропагандистсене пулăшу пама мĕн тумалла, харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсем валли мĕнле ыйту тăрăх лекци е консультаци ирттермелле, партипе совет активĕ, интеллигенци, агитколлектив руководителĕсем тата агитаторсем валли мĕнле ыйту тăрăх доклад е лекци ирттермелле,—библиотека планĕнче çавнашкал ĕçсене те тĕплĕн палăртас пулать.

Нумай библиотекăсем плана пĕр уйăхлăха тăваççĕ, ăна парти комитечĕсенче çирĕплетнĕ хыççăн, пуçламăш парторганизацисене ярса параççĕ. Хăшпĕр районсенче библиотекăн ĕç планне хаçатра пичетлесе кăлараççĕ.

Парти райкомĕсемпе хула комитечĕсен библиотекисем пропагандистсене теориллĕ тата методикăллă пулăшу параççĕ. Çак пулăшăва вĕсем ялан ĕçлекен семинарсенче илеççĕ. Семинарсен ĕçне лайăхлатассишĕн библиотекăсен куллен тăрăшмалла. Вĕсен семинар руководителĕсене теорипе методика ыйтăвĕсем тăрăх лекцисем хатĕрлеме пулăшмалла, лекцисен текстне, семинарлă занятисен планне пăхса тухса сӳтсе явмалла, пропагандистсене марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсене вĕренме пулăшмалла. Кунпа пĕрлех занятисем валли литература, наглядлăй пособисем тупса памалла, политикăллă тата илемлĕ литература выставкисем тумалла.

Библиотекăсем семинар руководителĕсене методикăллă лекцисем ирттерме пулăшма тата паха опытпа паллаштарма тивĕç. Анчах çакна палăртас пулать, чылай чухне методикăллă лекцисене вырăнти кружоксемпе шкулсен ĕçĕпе çыхăнтармасăр ирттереççĕ, çав лекцисенче пĕтĕмĕшле кăтартусем кăна параççĕ. Çавăнпа та ун пек лекцисем пропагандистсене кирлĕ чухлĕ пулăшу параймаççĕ. Сăмахран, Вăрнар райкомĕн библиотекинче виçĕ кун хушшинче теориллĕ лекцисемсĕр пуçне методика ыйтăвĕсем тăрăх 6 лекци ирттернĕ. Çав лекцисем пурте пĕтĕмĕшле, конкретлă мар лекцисем пулнă. Малтанхи темăсем тăрăх занятисене мĕнле ирттермелли çинчен пĕр лекци те ирттермен.

Хальхи вăхăтра политшкулсемпе кружоксенче партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене тата И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенине вĕренеççĕ. Съезд материалĕсене тата И. В. Сталин юлташăн произведенине вĕренес ĕçе коммунизм строительствин практикăллă задачисемпе çыхăнтарас пулать. Çав документсене коммунистсемпе кадрсем лайăх ăнланса илчĕр тесен, пропагандистсен хăйсен те материала тĕплĕн пĕлес пулать. Пропагандистсен семинарĕсенче вĕренекен материалăн кашни темине тарăннăн сӳтсе явмалла, методикăллă ыйтусене татса памалла, вĕренĕве колхоз, предприяти, район тата республика умĕнче тăракан задачăсемпе çыхăнтарма пропагандистсене пулăшмалла.

Пропагандистсен семинарĕсен ĕçĕнчи пысăк çитменлĕх вăл—паха опыта пĕтĕçтерсе сарманни. Семинарсенче вĕренекенсен активлăхне ӳстермелли майсем çинчен, вĕренмелли материала коммунизм строительствин практикăллă задачисемпе çыхăнтарасси çинчен, занятисене хатĕрленес ĕçре вĕренекенсене пулăшасси тата ытти çавнашкал ыйтусем çинчен сӳтсе явни политикăллă вĕренĕвĕн идейăллă шайне ӳстерме нумай пулăшнă пулĕччĕ.

Пропагандистсене пулăшас ĕçре семинарсем кăна ирттерни çителĕксĕр. Сăмахран, политшкул е кружок руководителĕсемпе черетлĕ занятисен темисем тăрăх каласу ирттерни усăллă пулать. Ку тĕлĕшпе КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотекин опытне кăтартса пани вырăнлă. Кунта пропагандистсене библиотекăна чĕнсе, вĕсемпе пĕрле занятисен планне сӳтсе яваççĕ, каласу ирттерме ыйтусем палăртаççĕ.

Библиотекăсен марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекен кадрсене нумай пулăшмалла. Вĕсем валли консультацисем, лекцисем ирттермелле. Хăшпĕр библиотекăсем хăйсен ĕçне пуçламăш парторганизацисемпе тачă çыхăнмасăр, библиотекăра кăна туса пыраççĕ. Çавăн пирки колхозсенчи, предприятисенчи тата учрежденисенчи коммунистсем квалификациллĕ лекцисем итлеме, консультацисем илме пултараймаççĕ. Чылай парторганизацисенчи коммунистсем марксизм-ленинизм классикĕсен тĕрлĕ произведенийĕсене вĕренеççĕ, анчах вĕсене консультаци паракании пĕр çын кăна. Паллах, ун пек чухне консультант пур ыйтусем тăрăх та тарăн ответсем пама пултараймасть. Райкомсемпе хула комитечĕсен пропагандăпа агитаци пайĕсен пĕр тема е произведени тăрăх консультаци паракан кадрсем хатĕрлес тĕлĕшпе ытларах ĕçлес пулать. Ун пек чухне коммунист пĕр произведени тăрăх пĕр консультантран, тепĕр произведени тăрăх иккĕмĕш консультантран квалификациллĕ пулăшу илме пултарать. Çапла вара кашни консультант харпăр хăй тĕллĕн вĕренекен 15—20 çынна тивĕçлĕ пулăшу пама пултарать.

Харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсене кĕнекепе ĕçлеме хăнăхтармалла. Библиотекăсенче паха конспектсен тата уйрăм ыйтусемпе произведенисем тăрăх çырнă рефератсен витринисем туни те вырăнлă. Марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекен кадрсем валли организациллĕ тата методикăллă ыйтусем тăрăх лекцисем ирттермелле.

Чылай библиотекăсем И. В. Сталин юлташăн çĕнĕ произведенийĕ тата партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем тăрăх лекцисен циклне организацилеççĕ. Сăмахран, КПСС Комсомольски райкомĕн библиотеки съезд решенийĕсем çинчен 7 лекци тата И. В. Сталин юлташ произведенийĕ çинчен 3 лекци ирттернĕ. Çавăн пек лекцисене парти комитечĕсен библиотекисенче кăна мар, пуçламăш парторганизацисенче те тăтăшах ирттерес пулать.

Библиотекăсен лекторсем валли литературăпа материалсем хатĕрлесе панине кăна çырлахмалла мар. Вĕсем лекторсем хатĕрленĕ лекцисене сӳтсе явас ĕçе организацилеме пултараççĕ. Съезд материалĕсем тата И. В. Сталин произведенийĕ тăрăх хатĕрленĕ пур лекцисене те лекторсен ушкăнĕнче сӳтсе явас пулать.

И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекен кадрсем çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла. Çак произведение тĕплĕн вĕренме кăмăл тунă коммунистсем нумай. Анчах вĕсене куллен пулăшма политэкономие лайăх пĕлекен квалификациллĕ пропагандистсем сахал. Çавăнпа та библиотекăсен лайăх хатĕрленнĕ лекторсемпе консультантсен ушкăнне тăвас пулать. И. В. Сталин произведенине вĕренекен юлташсем валли тăтăшах лекцисемпе консультацисем ирттермелле.

Библиотекăсен парти комитечĕсене ĕçсыннисем хушшинче массăллă-политикăллă ĕçе организацилеме пулăшмалла. Библиотекăсенче агитколлектив руководителĕсемпе агитаторсем валли тăтăшах инструктивлă докладсем тата консультацисем ирттермелле, агитаторсем валли партипе правительствăн шалтипе тулашри политики çинчен, пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тултарас тĕлĕшпе совет халăхĕ тунă çитĕнӳсем çинчен докладсем туса памалла.

Библиотекăсенче «Агитатор кĕтесĕ» пулмалла. Кунта агитаторсем каласусемпе докладсен темисемпе, ял хуçалăхне, промышленноçа, культура строительствине малалла аталантарас тĕлĕшпе партипе правительство йышăннă решенисемпе, тĕнчери лару-тăру ыйтăвĕсемпе тĕплĕн паллашма пултарччăр.

Хальхи вăхăтра библиотекăсен агитколлектив руководителĕсемпе агитаторсене Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене ĕçсыннисене ăнлантарса парас ĕçе организацилеме пулăшмалла. Выранти Советсен суйлавне хатĕрленнĕ май политикăллă агитацие анлăн туса пыни кирлĕ. Чылай библиотекăсенче «Выранти Советсен суйлавĕ çинчен агитаторсен мĕн вуламалла» ятлă витринăсем тунă. Çак витринăсем агитаторсене тата агитколлектив руководителĕсене пысăк пулăшу пама тивĕç.

Пропаганда ĕçĕнчи паха опыта пĕтĕçтерсе сарас тĕлĕшпе те библиотекăсем умĕнче пысăк задачăсем тăраççĕ. Политшкулсемпе кружоксен, пропагандистсен, консультантсен, агитколлективсемпе уйрăм агитаторсен, марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекен кадрсен паха опытне пĕтĕçтерсе сарни партиллĕ пропагандăна тата та ытларах вăйлатма пулăшать.

Нумай библиотекăсенче справкăсем парас тата библиографи ĕçне кирлĕ пек йĕркелемен.

Библиотекăсен актив пулмалла. Пысăк опытлă пропагандистсемпе консультантсем куллен пулăшса пырсан кăна библиотекăсем хăйсен ĕçне ăнăçлă туса пыма пултараççĕ.

Библиотекăсен марксизм-ленинизм пропагандине анлăн туса пыракан чăн-чăн центрсем пулма тивĕç.

Я. ВАСИЛЬЕВ.

# Çуракине тĕплĕн хатĕрленер

*Паха вăрлăх хатĕрлесси, удобренисем пухса уя кăларасси, юр тытасси—паян тумалли ĕç*

## Вăйлă тырпулшăн

ВĂРНАР. Жданов ячĕпе тăракан колхоз тырпул тухăçлăхне çултан-çул ÿстерсе пырать. 1951 çулта кашни гектартан çĕр пăт ытла тĕштырă пухса илнĕ. Иртнĕ çулхине те кашни гектартан 100 пăт ытла тырă тухнă.

Халĕ колхозра 1953 çулхи вăйлă тырпулшăн кĕрешÿ сарăлса пырать. Кăçал акмалли вăрлăха малтан сортировка витĕр, унтан иккĕмĕш хут триер витĕр кăларса сортланă.

Колхозра хĕллехи агротехникăллă ĕçсене ăнăçлă пурнăçласа пыраççĕ. Уя тислĕк нумай кăларнă, кĕл, кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ пухаççĕ. 125 тонна минераллă удобрени туяннă, вăл шутра 50 тонна сульфат аммони, 50 тонна хлор-кали тата 25 тонна суперфосфат. Вĕсене турттарса килсе типĕ сарайсене хунă.

С. ФЕДОТОВ.

## Тĕплĕн хатĕрленер

КОМСОМОЛЬСКИ. «Гигант» колхоз членĕсем сулпуçăмăр аслă Сталин патне янă çырура илнĕ обязательствăсене çитĕнÿсем тунипе пурнăçласа, 1952 çулхи ялхуçалăх ĕçĕсене нихçанхинчен те ăнăçлăрах вĕçлерĕç. Тырпула кĕске срокра вырса пухнă, Тăван çĕршыв валли тырă хатĕрлемелли плана вăхăтра пурнăçланă, кĕраки ĕçĕсене районти пур колхозсенчен те маларах туса, ирттернĕ, çурхи культурăсем акмалли 550 гектар çĕре тракторпа 20 сантиметр тарăнăш сухаласа, кĕрхи çĕртме туса хăварнă.

Халĕ колхозниксемпе колхозницăсем çитес çуракине пур енчен те хатĕрленипе кĕтсе илес тесе тăрăшса ĕçлеççĕ. Коммунист Г. Белкин ертсе пыракан тăваттăмĕш бригадăри колхозниксем вырăнти удобренисем хатĕрлеççĕ.

Вырăнти удобренисене тĕрĕс пăхса усрасси питех те кирлĕ ĕç. Уй-хире кăларнă тислĕке пĕчĕк купасемпе упрани усăсăр. Белкин юлташ ертсе пыракан бригада хĕлле кăларнă тислĕке 15 метр тăршшĕ, 3,5 метр сарлакăш, 2,5 метр çÿлĕш купаласа хурать, çиелтен юрпа витет. Çакăн пек купари тислĕк хĕл касиччен лайăх çĕрет, тăпрана çемçетме тата тырпул тухăçлăхне хăпартма юрăхлă удобрени пулать.

Ял Совет депутачĕ Е. Голландцев ертсе пыракан бригада кĕрхи тулă участокĕ çинче юр тытса хăварчĕ. Колхоз правленийĕ çитес çуракине тума çителĕклĕ таран вăрлăх фончĕ хывнă, вăрлăхсене тасатса сортлама çынсем çирĕплетсе панă, турттăм вăйĕ уйăрнă. Колхоз полевочĕ А. Львов юлташ сортланă вăрлăхсен шăтас пахалăхне тĕрĕслеттерет. Колхоз тимĕрçисем Л. Дубковпа Г. Кольцов юлташсем куллен хĕрÿ ĕçре.

Çуракине хатĕрленес ĕçре çитменлĕхсем те пур-ха. Вăйлă тырпул пăхса çитĕнтерес тесен, культурăсен агротехникине пурнăçлама кашни колхозникăн вĕренмелле, социализмлă çĕрĕçĕн мастерĕсем пулмалла. Анчах та çак ответлă задачăна пирĕн колхозра манăçа хăварнă. Çак тарана çитсе те агрозоотехника курсĕн занятийĕсене пĕрре те ирттермен. Районти агрономсем, колхозра пулнă вăхăтра, бригадăсене практикăллă пулăшу памаççĕ, колхозниксемпе колхозницăсене çĕрĕçне лайăхрах тума вĕрентмеççĕ.

Колхоз правленийĕпе партин пуçламăш организацийĕн колхоза çуракине хатĕрленсе çитме пулăшмалла, палăрнă çитменлĕхсене çийĕнчех пĕтермелле.

П. КОЛЬЦОВ.

## Вăрлăх хывассине ырана хăвармалла мар

КУСЛАВККА. Халĕ ĕнтĕ, акмалли çĕр лаптăкне вăрçă умĕнхи шая çитерсе, унтан ирттерсе янă хыççăн,—терĕ партин XIX-мĕш съездĕнче Г. М. Маленков юлташ,—çĕрĕçĕн продукцине ÿстерес ĕçре пĕртен-пĕр тĕрĕс çул вăл тырпул тухăçлăхне малашне те пĕрмаях хăпартса пырасси пулать. Тырпул тухăçлăхне ÿстересси—çĕрĕçĕнчи тĕп задача.

Çак задачăна ăнăçлă татса парас ĕçре вăрлăх хуçалăхĕ пысăк вырăн йышăнать. Çавăнпа та пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе съезд панă директивăсенче партипе совет тата ялхуçалăх органĕсене колхозсемпе совхозсенче вăрлăх туса илессине лайăхлатма хушнă. Вăрлăх—тырпулăн ылтăн фончĕ.

Районти малта пыракан колхозсем, çитес çулхи вăйлă тырпулшăн тăрăшса, вăрлăх участокĕсенчи тырпула вăхăтра пухса кĕртрĕç, кирлĕ фондсене çителĕклĕ хывса хăварчĕç, халĕ акмалли вăрлăхсене тасатса çитереççĕ. «Динамо», «Правда» колхозсем çитес çуракинче акмалли пур тĕрлĕ вăрлăхсене те хатĕрлесе хунă. Районти вăрлăх лабораторинче тĕрĕсленĕ хыççăн, çак колхозсĕн акмалли вăрлăхсем пахалăхлă пулни курăнчĕ. Вăрлăх фончĕ хывмалли плана Сталин ячĕпе, Ленин ячĕпе, Молотов ячĕпе тăракан, «Красная Чувашия» тата «Большевик» колхозсем те тултарнă.

Анчах та, районĕпе илсен, 1953 çулхи çуракинче акма вăрлăх хатĕрлесси начар пырать. Январĕн 1-мĕшĕ тĕлне район вăрлăх хывмалли плана 91,3 процент çеç тултарнă. Уйрăмах техникăллă культурăсемпе курăк вăрлăхĕсем нумай çитмеççĕ. Кантăр вăрри 216 центнер, нумай çул ÿсекен курăк вăррисем 232 центнер çитмеççĕ.

Районти ялхуçалăх пайĕпе чылай колхозсен руководителĕсем иртнĕ çуракинчи урокĕсенчен тивĕçлĕ выводсем туман. 1952 çулта район çураки планне ирттерсе тултарчĕ, анчах вăрлăх çитмен пирки техникăллă культурăсемпе нумай çул ÿсекен курăксем акмалли плана тултараймарĕ. Вăрлăх хатĕрлесси çине хальхи пекех çиелтен пăхсан, çав çитменлĕхсем çитес çуракинче каллех пулма пултараççĕ.

Пирĕн район условисенче клеверпа кантăр вăррисене государствăран кивçен илмесĕр, вырăнтах çителĕклĕ хатĕрлеме май пур. Районта пурĕ 144 гектар çинчен пухса кĕртнĕ клевера çапмасăр выртараççĕ. Курăк вăрлăхĕ хатĕрлес енĕпе уйрăмах «Красная Волга», «Родина», Ворошилов ячĕпе тăракан колхозсенче нимĕн те тумаççĕ. Вĕсен амбарĕсенче хатĕрленĕ курăк вăрри пĕр килограмм та çук. Çавăн пекех 10 колхоз кантăр вăрри пачах хатĕрлемен. Жданов ячĕпе тăракан колхоз иртнĕ çура 5 гектар кантăр акса ÿстерчĕ. Анчах та артель руководителĕсен чунсăрлăхне пула, 3 гектар çинчи вăрра пĕтĕмпех юхтарса ячĕç, кайран, юр çусан, тунине çавапа çулса кĕртрĕç.

Районта тĕштырă вăрлăхĕсене çителĕксĕр хывни чылай колхозсенче авăн çапасси тăсăлса пынинчен килет. Çирĕм пилĕк колхозран виççĕшĕнче кăна авăн çапса цĕтерне; районта çапман тырпул татах икĕ пин гектар юлнă.

Унпа пĕр вăхăтрах чылай колхозсем çапса хывнă вăрлăха тасатма, пахалăхне тĕрĕслеттерме васкамаççĕ. Вăрлăх тасатас ĕçре колхозсене МТС начар пулăшать. МТС-ăн вăрлăх тасатмалли «ОС-3» йышши машинăсем «Динамо» тата Ленин ячĕпе тăракан колхозсенче ĕçлемесĕр лараççĕ. Вĕсем çинчен МТС-ра никам та аса илмест. Машинăпа трактор станцийĕн участокри агрономĕсем колхозсенче вăрлăх хатĕрлес ĕç мĕнле пынипе сахал интересленеççĕ. Туканаш участокĕнчи агроном С. Львова юлташ, Молотов ячĕпе тăракан колхозра кунĕн-çĕрĕн пурăнать пулин те, унта вăрлăх тасатас ĕçе йĕркелемен. Ленин ячĕпе, Энгельс ячĕпе тăракан тата «Дружба» колхозсен руководителĕсем районти ялхуçалăх пайне вăрлăх тасатса çитерни тесе сведенисем параççĕ. Анчах лабораторинче тĕрĕсленĕ хыççăн, вĕсен вăрлăх материалĕсенче çумкурăк вăррисемпе ытти çÿп-çапсем питĕ нумайăн курăнчĕ. МТС-ăн Бармăш участокĕнчи агрономĕ Н. Васильев юлташ вăрлăха вăхăтра тасатса тĕрĕслеттерес тĕлĕшпе кирлĕ ĕçсем тумасть.

Колхозсенче вăрлăх фондне çителĕклĕ тата лайăх хатĕрлесси пысăк ĕç. Кăçалхи çуртрисен тухăçлăхĕ халĕ, хĕл кунĕсенче, паха вăрлăх хатĕрленинчен килет. Çавăнпа та вăл ĕçе вăраха хăвармалла мар.

В. ВАЛЕЖНИКОВА,
вăрлăх пахалăхне тĕрĕслекен районти инспекци начальникĕ.

## Савăнăçлă итогсем

УЛАТĂР. «Победа» колхоз членĕсем 1952 çулта ялхуçалăх ĕçĕнче тивĕçлĕ çитĕнÿсем турĕç. Тырпул тухăçлăхĕ те, обществăллă выльăх-чĕрлĕхрен илекен тупăшсен хисепĕ те палăрмаллах ÿснĕ. Вăтам шутпа кашни гектартан 20-шер центнер тĕштырă, 40-шер центнер вир, 350-шар центнер çĕрулми, 750-шар центнер выльăх кăшманĕ пухса кĕртнĕ. Каляканов юлташ ертсе пыракан бригада тата тухăçлăрах тырпул çитĕнтернĕ. Кашни гектартан 23-шер центнер тулă, сĕлĕ — 25 центнер, вир — 44 центнер тухнă.

Колхоз государствăна ялхуçалăх продукчĕсем памалли плана ирттерсе тултарнă.

Фермăсенче ĕçлекен колхозниксем те илнĕ обязательствăсене чыслăн пурнăçларĕç. Обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана тултарнипе пĕрлех, фермăсенчен илмелли тупăшсен планне те ирттерсе тултарнă.

Колхозăн обществăллă хуçалăхĕ хăвăрт тĕрекленсе пынă май, колхозниксен пурнăçĕ те куллен лайăхланса пырать. Кăçал вĕсем кашни ĕçкунĕ пуçне 4-шар килограмм тĕштырă, 4-шар килограмм çĕрулми, 5-шер килограмм выльăх кăшманĕ тата 2-шер тенкĕ укса илеççĕ.

— Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсемпе хавхаланса, вăйлă тырпулшăн, тупăшлă выльăх-чĕрлĕхшĕн колхозниксем хушшинчи социализмлă ăмăрту кунтан кун вăйланса пырать,—тет колхоз председателĕ М. Митин юлташ.

Халĕ колхозниксем çитес çулхи çуракине тĕплĕн хатĕрленеççĕ. Ялхуçалăх машинисене юсаççĕ, удобренисем хатĕрлеççĕ, вăрлăхлăх тырăсене тасатаççĕ.

Н. КОЛЕСОВ.

## Ĕçпе вĕренÿ

ШĂХАСАН. Ушанарти Калинин ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕн членĕсем 1952 çулта тырпула кĕске срокра тата пысăк пахалăхпа пухса кĕртрĕç. Государствăна тырă срокчен парса татнă хыççăн, вăрлăх фондне çителĕклĕ хыврĕç. Акма тырă пĕтĕмпе 810 центнер, çĕрулми 1.200 центнер кирлĕ пулать. Вăрлăх çителĕклĕ. Халĕ вăрлăхлăх тырпула сортласа тасатас тĕлĕшпе хĕрÿллĕн ĕçлеççĕ. Вăрлăх сортланă çĕрте «ВС-2» сортировкăпа тата триерпа анлăн усă кураççĕ. О. Михайлова, А. Прокопьева, А. Архипова тата ытти колхозницăсем иртнĕ кунсенче 600 центнер ытла тырă, сакăр центнер клевер вăрри хатĕрлесе хучĕç.

Кăçал колхоз тулă иртнĕ çулхинчен ытларах акать. Тулă вăрлăхĕ çителĕклĕ, вăл лайăх шăтать.

Колхозниксем çак кунсенче уйра юр тытса хăварма щитсем тăратаççĕ, тислĕк кăлараççĕ, агротехника курсĕнче ялхуçалăх культурисем ÿстерме, колхоз производствине йĕркелесе пыма вĕренеççĕ.

Г. ЛУЧ.
А. ЕГОРОВ.

## Лăпланса ларни сиенлĕ

КАЛИНИНО. Чкалов ячĕпе тăракан колхоз иртнĕ çулта çуракине япăх хатĕрленсе тухнине пула çурхи тырăсене тухăçлă туса илеймерĕ. Кăçал та кунта çуракине хатĕрлеме васкамаççĕ.

Колхозăн çуракинче акма 27 центнер сĕлĕ, 11 центнер тулă вăрлăхĕ çитмест. Колхоз председателĕ Е. Куприянов юлташ вăрлăх фончĕсене хывса çитерменнине авăн çапса пĕтменни çине йăвантарать. Анчах та авăн çапма тăрăшни курăнмасть. МТС молотилкине колхоза илсе пыни уйăх ытла ĕнтĕ. Е. Яковлев бригадирăн айăпне пула молотилка ĕççĕр ларать. Пур пек вăрлăхсене те тасатса акма юрăхлă туса çитерме тăрăшмаççĕ. Вăрлăхсем питĕ чĕрĕ, типĕтесси пирки никам та шутласа пăхмасть.

Фермăсенче тислĕк купи-купипе сапаланса выртать. Ăна пуçтарса çураки валли хатĕрлеме тытăнман. Çавăн пекех кĕл, кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ пухса хатĕрлессине те организацилемен.

Ялхуçалăх машинисене пуçтарса кĕртмен, вĕсем юр айĕнче лараççĕ. Çĕнĕ селянкăсемех çумăр айĕнче ларнипе тутăхса пĕтнĕ.

Н. КУРЦОВ.
П. КИРИЛЛОВ.

## Юр тытаççĕ

ЧКАЛОВСКИ. «Пламя Октября» колхоз членĕсем, тырпул тухăçлăхне ÿстерес тесе, агротехника кăтартăвĕсене вăхăтра пурнăçласа пыма тăрăшаççĕ. Çак кунсенче 100 гектар çинче юр тытрĕç. Ку тĕлĕшпе уйрăммăнах Краснова, Салицева, Иванов, Краснов колхозниксем тăрăшса ĕçлерĕç. Юр тытас тĕлĕшпе малашне те ĕçлеççĕ.

В. ИГНАТЬЕВ.

## Çил вăйĕпе

ЕТĔРНЕ Пĕрлешсе пысăкланнă Тимирязев ячĕпе тăракан колхоз членĕсем иртнĕ çулта çил арманĕ çумне крупорушка туса лартрĕç. Халĕ çил вăйĕпе кĕрпе сураççĕ, çăнăх та авăртаççĕ. Колхоза крупорушка тупăш нумай парать.

И. ЛЬВОВ.

# ХАЛĂХ ДЕМОКРАТИ ÇĔРШЫВĔСЕНЧЕ

## Будапештра В. И. Ленин памятникне уçма хатĕрленеççĕ

БУДАПЕШТ, январĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Венгри Халăх Республикин Министрсен Совечĕ, Венгри халăхĕ ыйтнине шута илсе, Будапештра Владимир Ильич Ленин памятникне туса лартма йышăннă. Памятнике 1954 çулхи январĕн 21-мĕшĕнче уçма палăртнă.

Министрсен Совечĕ памятник туса лартас тĕлĕшпе ĕçлеме правительство комиссийĕ тунă. Правительство комиссийĕн председателĕ пулма Венгрин Министрсен Совечĕн председательне Матиас Ракошине уйăрса лартнă.

## Китай Халăх Республикинчи промышленноçри капитальнăй строительствăна хатĕрленни

ПЕКИН, январĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). «Гунженьжибао» хаçат Китайра капитальнăй строительство ĕçне анлăн туса пыма хатĕрленни çинчен çырать. Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китайри машинăсем тăвакан, çĕр кăмрăк, электроэнерги тата промышленноçăн ытти отраслĕсен управленийĕсем 1953 çулта Китайра капитальнăй строительство калăпăшне, 1952 çулхипе танлаштарсан, 2—3 хут ÿстерме палăртаççĕ. Çак строительствăна ертсе пыракан организацисене квалификацилле кадрсемпе çирĕплетеççĕ.

Çурçĕр-Хĕвеланăç Китайри строительсем умĕнче питĕ пысăк задачăсем тăраççĕ. Китайăн çак районĕнче 1953 çулта тумалли строительнăй ĕçсен калăпăшĕ пĕлтĕрхи ĕçсен калăпăшĕнчен 6 хут пысăкрах пулать. Çуркунне строительство ĕçĕсем пĕр вăхăтрах 170 пунктра ытла пуçланаççĕ.

Хаçат çавăн пекех Çурçĕр Китайра йывăр машинăсем тăвакан завод тума тытăнни çинчен пĕлтерет. Йывăр машинăсем тăвакан завод Китайра халиччен пулман-ха. Ку завод çĕршыври чи пысăк предприятисенчен пĕри пулмалла.

## Аньшаньри металлурги комбинатĕнче

ПЕКИН, январĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Китай Халăх Республикинчи ĕççыннисем иртнĕ 1952 çулта промышленноçпа транспорта аталантарас çĕрте питĕ пысăк çитĕнÿсем тунă. Çĕнĕ çулта вĕсем производство планĕсене ăнăçлă тултарассишĕн, капитальнăй строительствăна пурнăçлассишĕн хастарлăн кĕрешеççĕ. «Гуанминжибао» хаçат январĕн 3-мĕшĕнче пĕлтернĕ тăрăх, Аньшаньри металлурги комбинатĕнчи заводсемпе кописем 1952 çулхи производство планне 12,5 процент ирттерсе тултарнă. Комбинат 1952 çулта туса кăларнă пĕтĕм продукцин хакĕ 1951 çулхинчен 44 процент пысăкрах пулнă.

Аньшаньри металлурги комбинатĕнчи строительсен коллективĕсем Аньшань районĕнче питĕ пысăк висĕ стройкăна ăнăçлăн туса пĕтерессишĕн ăмăрту пуçарнă. Кунта, Совет Союзĕ пулăшнипе, çĕршыври чи пысăк прокатнăй завод тăваççĕ. 1953 çулхи иккĕмĕш çур çулта завод ĕçлеме тытăнать.

Аньшаньри металлурги комбиначĕ çумĕнче Китайри хурçă трубасем туса кăларакан пĕрремĕш завода хăвăрт тăваççĕ. Халĕ завод корпусĕсем çĕкленекен çĕрте 1952 çул пуçланнă чухне кăна хытхура пусса илнĕ вырăн пулнă. Строительствăра кăнтăрла та, çĕрле те ĕçлеççĕ. Рабочисен хастарлăхне пула нумай ĕçсем тĕлĕшпе графикран пĕр-ик уйăх иртсе кайнă.

Хурçă трубасем тăвакан завода совет специалисчĕн проекчĕ тăрăх тăваççĕ, унта Совет Союзĕнче туса хатĕрленĕ оборудование вырнаçтарса лартаççĕ. Вăл завод Китайра ку чухнехи чи лайăх техника тăрăх тунă заводсенчен пĕри пулать.

Çавăн пекех Китайри пĕрремĕш автоматизациленĕ домна кăмаки тăвас ĕç те ăнăçлă пырать.

## Польшăри хуласемпе ялсенчи строительство

ВАРШАВА, январĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Польша Халăх Республикинче хуласемпе ялсенчи строительство пысăк хăвăртлăхсемпе пулса пырать. Пурăнмалли çуртйĕрсем тăвасси анлăн сарăлнă. Иртнĕ çулта çĕршывра çĕнĕ çуртсем нумай туса лартнă. Вăл çуртсенчи пÿлĕмсен хисепĕ 100 пин ытла. Ку вăл 1947 çулхинчен 20 хут, 1951 çулхинчен 35 процент ытларах пулать.

Анатри Силезире пурăнмалли çĕнĕ çуртсене пысăк промышленность центрĕсенче тăваççĕ. Юлашки висĕ çул хушшинче ĕççыннисем çĕнĕрен тунă 25 пин хваттере пурăнма куçнă.

Польшăра вăрçă вăхăтĕнче ишĕлнĕ хуласене те юсаççĕ. Иртнĕ çулта Варшавăра, Муранув, Мирув, Млынув, Мокотув, Грохув тата ытти районсенче те çуртсене юсас тĕлĕшпе ĕçленĕ Варшавăн центрĕнче пурăнмалли çуртсем темиçе туса лартнă.

Гданьск, Щецин тата Вроцлав хулисене юсас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттереççĕ. Вроцлавра Ĕçре малта пыракансен ячĕпе тăракан района юсас тĕлĕшпе 1952 çулхи плана пĕтĕмĕшпех тултарнă. 913 хваттере юсанă.

1953 çулта Польшăри строительсем умĕнче тата пысăкрах задачăсем тăраççĕ. Уйрăмах социальнăй тата йăла учрежденийĕсене тăвасси çине, коммунальнăй строительство çине, çавăн пекех хуласемпе ялсене çĕнетсе илемлетес ĕç çине тимлĕ пăхаççĕ.

## БОЛГАРИРИ ПРЕДПРИЯТИСЕНЧЕ ПЛАНА ТУЛТАРАССИШĔН ТАТА ИРТТЕРСЕ ТУЛТАРАССИШĔН КĔРЕШЕÇÇĔ

СОФИЯ, январĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Болгарири нумай предприятисен коллективĕсем çĕнĕ çула ĕçре чылай çитĕнÿсем тунипе кĕтсе илчĕç. Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Старая Загора хулинчи Вылко Червенков ячĕпе тăракан машинăсем тăвакан заводăн кăçал иртнĕ çулхисенчен пысăкрах производство планне тултармалла тата апат-çимĕç промышленноçĕ валли çĕнĕ машинăсем туса кăларма вĕренсе çитмелле. Болгарире ун пек машинăсене малтанхи хут туса кăларма тытăнаççĕ. Çĕнĕ çулăн малтанхи кунĕсенчех завод коллективĕ плана тултарас тесе хастарлă ĕçлеме тытăннă. Рабочисенчен чылайăшĕ нормăсене 150—200 процент тултараççĕ.

Çĕнĕ çулăн малтанхи кунĕсенче Димитрово хулинчи шахтерсем планран ирттерсе пин тонна çĕр кăмрăкĕ кăларнă. Георгий Димитров ячĕпе тăракан шахтăри горняксем январьте тăватă кун хушшинчи плана 102 процент тултарнă.

Димитровград хулинчи И. В. Сталин ячĕпе тăракан хими комбинатĕнчи рабочисем, иртнĕ çулхи плана срокчен тултарни çинчен рапорт панăччĕ. Кăçал вĕсем çĕршыва тата ытларах удобрени хатĕрлесе пама обязательство илнĕ.

## Пилĕк çуллăх плана тăватă çулта тултарассишĕн

БУХАРЕСТ, январĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Çĕнĕ çулăн малтанхи кунĕсенчен пуçласах Румынири промышленноçпа транспортра пилĕк çуллăх плана тăватă çулта тултарассишĕн кĕрешÿ сарăлнă.

Сталин хулинчи трактор заводĕнчи рабочисем, инженерсемпе техниксем çĕнĕ çулăн малтанхи кунĕсенчех производство графикне чылай ирттерсе тултарнă. Вĕсем планран ирттерсе темиçе трактор туса кăларнă та ĕнтĕ. Ион Константинеску стахановец, тракторсем валли запаслă пайсем туса кăларнă çĕрте ĕçлекенскер, кăçал малтанхи хут 700 лей перекетленĕ. Майăн 8-мĕшĕ ячĕпе тăракан, метала хăвăрт майпа касакан бригада членĕсем сменăри нормăсене 300—400 процент тултарса пыраççĕ.

Хунедоара хулинчи Г. Георгиу-Деж ячĕпе тăракан металлурги комбинатĕнчи рабочисем, Совет Союзĕнчи ĕç меслечĕсемпе усă курса, сменăри заданисене чылай ирттерсе тултараççĕ. Плана ирттерсе тултарассишĕн Кымпин хулинчи нефтеоборудовани тăвакан заводăн, Нитештри дубитель завочĕн, Бухарестри августăн 23-мĕшĕ ячĕпе тăракан йывăр машинăсем тăвакан заводăн тата ытти нумай предприятисен коллективĕсем плана ирттерсе тултарассишĕн ăнăçлă кĕрешеççĕ.

*Вĕренекен колхозниксене пулăшма*

# Пысăк тухăçлă вир туса илесси

Вир—кĕрпе тумалли паха культурăсенчен пĕри. Вир кĕрпи углеводсемпе, уйринчен ытла крахмалпа пуян. Унта белоксем, çу тата минераллă тăварсем те нумай. Вир кĕрпине уйрăмах кайăк-кĕшĕке çитерни усăллă.

Çав вăхăтрах вир пысăк тухăçлă пулакан культура, вăл уяр çанталăка та тиркемест. Агротехника правилисене пурнăçа тĕрĕс кĕртсе пырсан, вир питĕ вăйлă пулать. Çĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхоз 1952 çулта, 15 гектар акса, вире кашни гектартан 45-шер центнер, Улатăр районĕнчи «Победа» колхоз 40-шер центнер пухса кĕртнĕ. Çавăн пекех Шăхасан районĕнчи Суворов ячĕпе тăракан колхоз гектартан 28-шар центнер, Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз гектартан 22,8-шер центнер пухса илнĕ.

Çав çитĕнÿсем вир пирĕн Чăваш республикинче ытларах сарăлма тивĕçлине, вăл чăннипех лайăх пулакан культура иккенне çирĕплетсе параççĕ.

Вир акса тăвас ĕçре агротехника тĕлĕшпе çак правилăсене пурнăçа кĕртсе пырас пулать. Чи малтан çакна асра тытмалла: вир ăшша юратакан культура. Унăн пĕрчисем тăпра 8—10 градус таран ăшăнсан тин шăтса тухаççĕ. Шăтса тухнă хыççăн та калча 3—4 эрне хушши питĕ вăраххăн ÿсет. Çав вăхăтра вир калчине çумкурăксем пусса илме пултараççĕ. Çавăнпа вире çумкурăксенчен тасарах участоксем çине акаççĕ. Виршĕн чи лайăх участок вăл—ун умĕн нумай çул ÿсекен курăксемпе йышăннă вырăн пулать. Ун пек участоксем çине акма май килмесен, вире çĕрулми е выльăх кăшманĕ пулнă вырăнсене акма юрать. Мĕншĕн тесен ун пек участоксем çинче çумкурăксем пулмаççĕ. Час-часах тата вире ун умĕн пăрçа йышши культурăсем е кĕрхи тырăсем йышăннă вырăнсене акма тивет. Ун пек чухне вĕсем тислĕк тăкса е ытти удобренисем хывса лайăх çемçетнĕ вырăнсем пулмалла.

Вир акса тума тăпрана лайăх кăпкалатса хатĕрлемелле. Чи малтан вăл лаптăка кĕрхи çĕртме туса хăвармалла. Кĕрхи çĕртме тунă чух касă тарăнăшне 20—25 сантиметртан кая илмелле мар. Вире ун умĕн пăрçа йышши культурăсем е кĕрхи тырăсем йышăннă участоксем çине акмалла пулсан, малтан хăмăла 4—5 сантиметр тарăнăш лущильникпе сухаласа пăрахмалла, кайран кĕрхи çĕртме тумалла. Çуркунне, тăпра çыпçăнми пулсанах, кĕрхи çĕртме тунă вырăна икĕ йĕрпе сÿрелесе тухаççĕ, каярахпа 8—10 сантиметр тарăнăш культиваци тăваççĕ. Культиваци тунă хыççăн вир акиччен чылай вăхăт иртет. Çак вăхăтра çумкурăксем нумай шăтса тухаççĕ пулсан, акаччен участока 4—5 сантиметр тарăнăш иккĕмĕш хут культиваци тăваççĕ.

Вире сортлă вăрлăхпа акас пулать, вăрлăх çинче вĕтĕ, высă пĕрчĕсем, çумкурăк вăррисем пачах пулмалла мар. Акас умĕн вăрлăха формалин шĕвекĕпе чĕхес пулать. Формалин шĕвекне çапла хатĕрлеççĕ: 300 пай шыв çине пĕр пай 40 процентлă формалин яраççĕ. Вара çав шĕвек пĕр центнер вăрлăх чĕхеме 10—12 литр кирлĕ пулать.

Вир акма çурхи тĕштырăсемпе пăрçа йышши пĕрчĕллĕ культурăсене акса пĕтерне хыççăн тухаççĕ. Çак вăхăта тăпра 8—10 градус таран ăшăнса çитет. Унтан иртерех аксан, вир питĕ кая юлса шăтса тухать. Вара унăн калчине çумкурăксем пĕтĕмпех хупласа илеççĕ. Кая юлса акни те юрăхлă пулмасть. Мĕншĕн тесен ун чух тăпран çÿлти сийĕсем ытлашши типсе каяççĕ те, нÿрĕ çитмен пирки вир каллех час шăтса тухаймасть. Кая юлса акни тата çакăн пирки сиенлĕ: ăна вир шăни пысăк сиен кÿрет. Çавăнпа та вире ун пĕрчисем тăпра айне пулса юлнă тарăнăшĕнче температура çителĕклĕ ăшă та нÿрĕ те тулăх пулнă вăхăтра акса хăвармалла, вара вир кар шăтса тухса вăйлă калчана ларать.

Вире икĕ майпа акма юрать: пĕр мелĕ—ретпе акни, тепĕр мелĕ—сарлака ретпе акни. Таса, çумкурăксем пулман участоксем çинче ретпе аксан та юрать, анчах çапах та сарлака ретпе акни лайăхрах. Сарлака ретпе аксан ретсем хушшинчи тăпрана кăпкалатса тăма май пулать. Ретсем хушшинчи тăпрана кăпкалатни çумкурăксене пĕтерет тата тăпра нÿрлĕхне сыхласа хăварма пулăшать.

Гектар çине вир вăрлăхне мĕн чухлĕ акасси—ăна мĕнле майпа акнинчен, вăрлăх мĕнлинчен тата тăпрари нÿрлĕхрен килет. Уяр çанталăк тăракан районсенче акмалли норма çумăрсем час-часах пулакан районсенчи нормăран пĕчĕкрех пулмалла. Пирĕн Чăваш республикинче ретпе акнă чухне пĕр гектар валли пĕрремĕш класа ларакан вир вăрлăхĕ 16—18 килограмм, сарлака ретпе акнă чухне — 14—16 килограмм кирлĕ пулать.

Пĕрчĕсем 3—4 сантиметр тарăнăшпа витĕнсе пымалла. Акнă чух вир пĕрчисем патне тăпрари нÿрĕ ытларах хăпарма май паракан условисем туса хăварма тăрăшмалла. Çавăн пек пултăр тесе, уйрăмах уяр çулсенче, акнă лаптăка ункăллă катокпа пусарса якатаççĕ. Вир шăтса тухиччен тăпра сийĕ хытса ларать пулсан ăна çăмăл сÿрепе сÿрелесе тухас пулать.

Сарлака ретпе акнă пулсан, ретсем хушшинчи тăпрана çăвĕпех кăпка тытас пулать, çумкурăксенчен тасатсах тăмалла. Çапла пултăр тесе ретсем хушшине культиваци тăваççĕ, кăпкалатаççĕ. Пĕрремĕш культиваци вир шăтса тухсанах тăваççĕ. Культиваци туни çумкурăксене пĕтерет, ретсем хушшинчи тăпра сийне çемçетсе хăварать. Вир калчи тĕмĕленме пуçласан, ретсем хушшинче 6—8 сантиметр тарăнăш иккĕмĕш хут культиваци тăваççĕ.

Вăйлă вир туса илекен бригадăсем вир пуç кăларма тытăнсанах виççĕмĕш хут культиваци тăваççĕ. Ун пек бригадăсем ретсем хушшинчи тăпрана культиваци тунă чухне вир калчине апат та параççĕ. Вир калчи çак апатсене юратать: тислĕк шывĕ, кайăк-кĕшĕк каяшĕ, кĕл тата минераллă тăварсем. Тислĕк шывĕпе е кайăк-кĕшĕк каяшĕн шĕвекĕпе апатлантараççĕ пулсан, вĕсене кирлĕ таран шывпа хутăштарас пулать. Пĕр пай тислĕк шывне 2—3 пай шыв ярса хутăштараççĕ, типĕ кайăк-кĕшĕк каяшĕ пĕр пай илсе 6—7 пай шыв ярса хутăштараççĕ. Кайăк-кĕшĕк каяшĕ ярса хатĕрленĕ шĕвеке 3—4 кун хушши йÿсме вăхăт параççĕ.

Вир пуç кăларма тытăнсан, ăна минераллă удобренисем параççĕ: пĕр гектар çине 1,5 центнер суперфосфат тата пĕр центнер кали тăварĕ.

Вир пĕр харăс пиçсе çитмест. Чи малтан унăн шерепин çÿлти пайĕ пиçет, çавăн хыççăнах ăна çулма тытăнас пулать. Вир кăшт ытларах ларсанах тăкăнма пуçлать. Çавăнпа та ăна вăхăтра, кĕске срокра пухса кĕртес пулать.

А. ЛЕОНТЬЕВ,
Ялхуçалăх наукисен кандидачĕ.

## Республикăри шахмат чемпионатĕнче

Республикăри шахмат чемпионатĕнче сакăр вăйă пулса иртрĕ. Малтанхи тăватă вăйă хыççăн малти вырăнта 3,5-шер очко илнĕ—республика чемпионĕ Сергиевский, пĕрремĕш разрядри шахматистсем Никитинпа П. Федоров тата иккĕмĕш разрядри Яснопольский малта пынă пулсан, пиллĕкмĕш вăйăра улшăну пулчĕ. Яснопольский П. Федорова выляса ячĕ те малта пыракансен шутĕнчен тухса ÿкрĕ. Улттăмĕш вăйăра П. Федоров кĕтмен çĕртенех В. Федорова выляса ячĕ. Çапла вара малти вырăна Сергиевскипе Никитин юлчĕç. Çиччĕмĕш вăйă Сергиевскишĕн ăнăçлă пулмарĕ. В. Федоровпа выляса, вăл йывăрлăха кĕрсе ÿкрĕ В. Федоров вăйă никам çĕнтерейменнипе вĕçленчĕ тесе шутлама килĕшрĕ. Çакă вара Сергиевские парăнасран хăтарчĕ. Никитин П. Федоровран выляса илчĕ.

Саккăрмĕш вăйăра Никитинпа Сергиевский тĕл пулса вылярĕç. Икĕ енĕ те çине тăрса вылянă хыççăн вăйă никам çĕнтерейменнипе вĕçленчĕ. Çак вăйăра Смирнов умлă-хыçлах тăватă парти выляса илсе виççĕмĕш вырăна тухрĕ. Сиротин, Никитина выляса янă хыççăн, сÿрĕккĕн вылямa пуçларĕ. Çиччĕмĕш вăйăра вăл Дерягина, саккăрмĕшĕнче Смирнова выляса ячĕ.

Çапла вара, сакăр вăйă хыççăн Никитинăн 7 очко, Сергиевскин—6,5, Смирновăн—6, П. Федоровăн—5,5, В. Федоровăн—4,5, Дерягинăн—4, Сиротинăн—3,5 Гуляевпа Егоровăн—3-шер (7-рен), Кочетковăн—2,5, Яковлевăн—2 (7-рен), Николаевăн—2, Андреевăн—1,5 (7-рен), Романовăн—1 (7-рен).

## Корейăри çĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, январĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕн тата Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем мĕнпур фронтсенче Америкăпа Англи интервенчĕсен тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç артиллерирен персе тăнă.

Ĕнер çĕрле Америкăн самолечĕсем Пхеньян хули çине каллех тискеррĕн пырса тапăннă. Нумай çынсем вилнĕ. Пурăнмалли çуртсемпе землянкăсене вуншар аркатнă.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтакĕсем паян тăшманăн 6 самолетне персе ӳкернĕ, 2 самолетне сиенленĕ.

ПХЕНЬЯН, январĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕн тата Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем мĕнпур фронтсенче Америкăпа Англи интервенчĕсен тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç çапăçнă.

Ĕнер çĕрле Америкăн сывлăшри вăрă-хурахĕсем Аньчжуран çурçĕртерехри районти мирлĕ халăх пурăнакан ялсем çине тискеррĕн бомбăсем пăрахнă. Çынсем нумай вилнĕ. Вуншар çуртсене аркатнă.

Халăх çарĕн зенитнăй артиллерийĕ тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтакĕсем паян тăшманăн 2 самолетне персе ӳкернĕ, 4 самолетне сиенленĕ.

### Америкăн сывлăшри вăрă-хурахĕсен Корейăри тискерлĕхĕ

ПХЕНЬЯН, январĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Америка авиацийĕ Корейăри мирлĕ хуласемпе ялсем çине тискеррĕн бомбăсем пăрахма тата пулеметсенчен пеме чарăнмасть. Январĕн 5-мĕшĕнче çĕрле «вĕçекен крепость» йышши йывăр бомбардировщиксем Пхеньянăн хĕвелтухăç районĕ çине каллех пырса тапăннă. Пхеньянра пурăнакансен землянкисемпе тăмран тунă çурчĕсем çине пысăк калибрлă вуншар бомба пăрахнă. Малтанхи сведенисем тăрăх, 50 çынна вĕлернĕ тата амантнă, пурăнмалли çуртсем нумай ишĕлнĕ.

Юлашки вăхăтра Америка самолечĕсем мирлĕ хуласем çине час-часах напалм пăрахаççĕ. Декабрь уйăхĕпе январь уйăхĕн малтанхи кунĕсенче кăна Пхеньян сывăхĕнче напалмлă бомбăсем пăрахнине пула икĕ ял çунса кайнă. Декабрь уйăхĕн вĕçĕнче Америка штурмовикĕсем Сизокмон ялĕ çине (Кандон уезчĕ) икĕ кун хушши пыра-пыра тапăннă тата пысăк калибрлă пулеметсенчен пенĕ. Ялта пурăнакансем ял сывăхĕнчи сăртсем çине кайнă. Сывлăшри вăрă-хурахсем вара сăртсен тайлăмĕсем çине напалмлă бомбăсем темиçе пăрахнă. Çакăн пек тискер ĕç тунине пула 18 ача вилнĕ. Нумайăшĕ аманнă тата чылайăшĕн ӳчĕсем пиçсе кайнă.

Корейăри Центральнăй телеграф агентстви Америка авиацийĕ хĕвелтухăç сыранĕнчи хуласем çине халĕ те тискеррĕн пырса тапăнни çинчен пĕлтерет. Америка штурмовикĕсем уйрăммăнах Хамхын хули çине тискеррĕн тапăннă. Сывлăшри вăрă-хурахсем хула сывăхĕнчи пасарсем çине вуншар бомба пăрахнă, тарса хăтăлма хăтланнă хĕрарăмсемпе ачасем çине пулеметсенчен пенĕ. Американецсем кăнтăрла пырса тапăннă, çак вăхăтра Хамхынри пасарсенче уйрăммăнах çын нумай пулать. 68 çынна вĕлернĕ, 40 çынна йывăр амантнă. Мирлĕ çынсен 50 çурчĕ ишĕлнĕ тата çунса кайнă.

## Франциri Наци пухăвĕнче

ПАРИЖ, январĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Рене Майерăн правительственнăй декларацине Наци пухăвĕнче сӳтсе явнă вăхăтра ĕнер Францири Коммунистсен партийĕн секретарĕ Жак Дюкло пысăк сăмах тухса каланă. Жак Дюкло çапла каланă: Мейер, ун умĕнхи çынсем пекех, Францие Америка империалисчĕсен политикине тытса пырать. Çак политика тăрăх Франци Америкăна пăхăнса тăрасси малашне те вăйланать. Çак политика тăрăх ССР Союзне хирĕç вăрçа хатĕрленессĕ, Франци экономикине милитаризацилессĕ, Вьетнамри ирсĕр те усал вăрçа малалла туса пыраççĕ, шалти йĕркене фашизацилессĕ тата демократипе миршĕн кĕрешекенсене законсăр хĕсĕрлессĕ.

Франци халăхĕ, рабочи класс йĕркитавра пĕрлешнĕскер, çакăн пек политикăна татăклăн хирĕç тăрать. Вăл çакăн пек требовани лартать: Францин тепĕр хут никама пăхăнманлăхпа мир çулĕ çине тăмалла, агрессиллĕ Çурçĕр Атлантика пакчĕпе сыхăнса тăма пăрахмалла, союзлă пуласси тата пĕрне-пĕри пулăшасси çинчен Совет Союзĕпе тунă договора çирĕппĕн пурнăçласа пымалла. Чикĕ, лешсинчен хĕтĕртсе тăракан политика Францишĕн текех кирлĕ мар.

Мейер правительство тума полномочисем илнине çирĕплетессине хирĕç прогрессивлă республиканецсен ушкăнĕн представителĕ Жильбер де Шамбрэн тухса каланă.

Сылтăмри социалистсен депутачĕсем те Мейер майлă пулма килĕшмен. Вăл депутатсем халĕ, «оппозицие» тăрса, хăйсен ĕнерхи тусĕсенчен уйрăлма тата Францин халăхĕ лару-тăрăвĕшĕн ответлăх тытассинчен пăрăнма хăтланаççĕ.

Сылтăмри ушкăнсен представителĕсем, çав шутра деголлевецсем те, Мейер программине ырланă, вăл правительство тума илнĕ полномочийĕсене çирĕплетессишĕн тухса каланă.

Мейер полномочийĕсене çирĕплетессишĕн 389 депутат, ăна хирĕç 205 депутат сасăланă. 22 депутат никăш майлă та сасăламан. Паян Мейер правительство тума тытăнать.

Паян ирхине тухнă хаçатсем çакна палăртаççĕ: Рене Мейер ĕнер илсе кăтартнă программа унчченхи правительствăн политикинчен нимĕн чухлĕ те уйрăлса тăмасть.

## Ĕç тупайманнисен хисепĕ ӳсет

КОПЕНГАГЕН. Данире ĕç тупайман çынсен шучĕ ӳссех пырать. Паян «Ланд ог фольк» хаçат социальнăй обеспечени министерстви панă сведенисене пичетлесе кăларнă. Вăл сведенисем тăрăх, 1952 çулхи декабрĕн 24-мĕшĕ тĕлне ĕç тупайманнисем Данире 151 пин çын шутланнă. Пĕр эрне хушшинче кăна, декабрĕн 17-мĕшĕпе 24-мĕшĕ хушшинче, ĕçсĕр тăрса юлнисен хисепĕ 37 пин çын чухлĕ ӳснĕ. Çапла ĕнтĕ халĕхи вăхăтра Данири кашни 4 рабочирен пĕр рабочи ĕçлеме пултараймасть.

БЕРЛИН. АДН агентстви Боннран çапла пĕлтерет: ĕç вăйне вырнаçтарса тухас тĕлĕшпе ĕçлекен федеральнăй управлени пичетлесе кăларнă сведенисем тăрăх, декабрĕн иккĕмĕш çур уйăхĕнче Хĕвеланăç Германире ĕçсĕр тăрса юлнисен хисепĕ 171.785 çынна çитнĕ. 1952 çулта юлашки икĕ уйăх хушшинче вара ĕç тупайманнисен хисепĕ 659.629 çынна çитнĕ. Çакăн пек официальнăй, пĕчĕклетсе кăтартнă сведенисенчен çакă паллă: Хĕвеланăç Германире ĕçлекен кашни 8 çын пуçне пĕр çын ĕç тупаймасть.

ВЕНА. «Эстеррейхише фольксштимме» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Австрире ĕç тупайманнисен хисепĕ 1952 çулхи декабрĕн иккĕмĕш çур уйăхĕнче, çав уйăхăн малтанхи çур уйăхĕнчипе танлаштарсан, 35—40 пин çын чухлĕ ӳснĕ.

Январĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС).

## Ли Сын Мана мĕншĕн Токиона чĕнсе илнĕ

ШАНХАЙ, январĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Кларк генерал чĕннипе, Кăнтăр Корейăн «президенчĕ» Ли Сын Ман январĕн 5-мĕшĕнче Токиона пынă. Ли Сын Ман Японипе Кăнтăр Корея хушшинче «мирлĕ» договор тума чăрмантаракан хирĕçӳсене пĕтерес шутпа пынă имĕш.

Анчах та Юнайтед Пресс агентствин Токиори корреспонденчĕ çапла пĕлтернĕ: Кларк Ли Сын Мана «урăх тĕллевпе» чĕннĕ. США Японипе Кăнтăр Корейăран Ази «оборонин» ĕçĕнче хăйĕн «тусĕсем» туса хурассишĕн, урăхла каласан Японипе Кăнтăр Корейăна американецсем тăвакан агрессиллĕ Лăпкă океан союзне кĕртессишĕн, вăрçă ĕçĕнче Японипе Кăнтăр Корейăри халăхсемпе тата ытларах усă курассишĕн тăрăшать. Ку вăл çакăнтан та паллă: Кăнтăр Корея «президенчĕпе» пĕрле Ли Сын Ман çарĕн тата флочĕн начальникĕсем те Токиона пынă.

Ли Сын Мана мĕнле тĕллевпе чĕннине Ли Сын Ман хăй калани те çирĕплетсе парать. Япони премьер-министрĕпе Иосидăпа, Америка посолĕпе Мэрфипе тата Кларк генералпа тĕл пулнă хыççăн, Ли Сын Ман Японипе Кăнтăр Корейăна «пĕрлехи тăшмана хирĕç кĕрешме тата тачăрах пĕрлешме» чĕнсе каланă.

Ли Сын Ман çавăн пекех Японире пурăнакан корейцсене ирĕксĕрлесех Кăнтăр Корейăна ăсатассине «организацилеме» палăртать. Çав корейцсене çара илме шутлаççĕ.

Японире пурăнакан корейцсем Ли Сын Ман Токиона пынине хирĕç тата вăл Корейăри вăрçă валли çынсем тупас шутпа иртнерĕ каласусене хирĕç татăклăн протестлеççĕ. Япониri радио пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Корейăн Япониri пĕрлĕхлĕ демократиллĕ фрончĕн Осака, Киото, Хиого тата Сига префектурисенчи представителĕсем, 120 çын Ли Сын Ман Кларкпа, Иосидăпа каласусем иртнерне хирĕç протестлениме палăртас шутпа, Иосида пурăнакан çурта пырса кайнă.

Рейтер агентствин Токиори корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, Кăнтăр Корейăн «президентне» хирĕç демонстрацисем пулассинчен шикленсе, Токиори полицие хатĕр тытса тăраççĕ.

### КОРЕЙĂРИ ВĂРÇĂ ÇИНЧЕН ӲКЕРНĔ АМЕРИКА КИНОФИЛЬМНЕ ХИРĔÇ ПРОТЕСТЛЕÇÇĔ

ПАРИЖ, январĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). «Юманите» хаçат çапла пĕлтерет: Пуатьери (Вьенна департаменчĕ) кинотеатрсенчен пĕринче Америкăн Корейăри вăрçă çинчен ӳкернĕ реакциллĕ фильмне кăтартнă. Кинона пынă çынсем, вăрçăн сĕмсĕр пропагандипе тарăхнăскерсем, фильма курнă хыççăн делегаци суйланă. Вăл делегаци театр дирекцине фильма кăтартнине хирĕç татăклăн протестлени çинчен пĕлтернĕ. Ун хыççăн фильма полици хуралласа тăнă вăхăтра кăтартнă. Полици дирекцие çапла шантарса каланă: пăлханусем пирки кинотеатр тăкак курас пулсан, ушăн кинотеатра тӳлессĕ.

## Англи влаçĕсем Кенири негрсене хĕсĕрлеççĕ

ЛОНДОН, январĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Англи колонизаторĕсем негрсене хаярран хĕсĕрлеме чарăнмаççĕ.

Рейтер агентствин корреспонденчĕ пĕлтернинчен çакă курăнать: лайăх хĕçпăшалланнă çарпа полици Найробиран çурçĕртерехре вырнаçнă Абердэр тăвĕсенче карательнăй экспедици туса иртерет. Экспедици «блитц» («çиçĕм пек хăвăрт») ятлă. Карательнăй экспедици ĕçне Ланкаширти стрелковăй батальон, королĕн Африкăри 5-мĕш стрелковăй батальонĕ, Кенири полк, полици тата полици резервĕсем хутшăнаççĕ.

Абердэр тăвĕсенче тата ун сывăхĕнчи вăрманлă района «пырса кĕме юраман зона» тесе пĕлтернĕ. Вăл зонăна полици тата çарсем тĕрĕслесе тăраççĕ. Негрсем, ятарласа ирĕк памасăр, ку района пыраймаççĕ. Кунта пурăнакан негрсен çемйисене концентрационнăй лагерьсене янă. Влаçсем хушнă тăрăх, январĕн 4-мĕшĕнче ку районта пурăнакан негрсенчен 4 пин пуç выльăх-чĕрлĕх туртса илнĕ.

Англин Вăтам Хĕвелтухăçĕнчи çарĕн главнăй командующийĕ Брайэн Робертсон ĕнер Найробие (Кени столици) вăскавлăн пырса çитнĕ. Вăл наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан кĕрешĕве пусарас ĕçе хăй ертсе пыма тытăнать.

## США-ри раса террорĕ

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). США-ри полици раса террорне хирĕç тăмасть кăна мар, вăл хăй те çав террора тӳрремĕнех хутшăнать.

«Дейли уоркер» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Лос-Анжелос хулинче икĕ полицейски çĕрле 2 сехетре 72 çулхи негр-рабочин Скрагсăн çуртне пырса кĕнĕ. Рабочин хăлхи илтмен, çавăнпа вăл полицейскисен приказне пурнăçламан. Çакăншăн ăна вĕлернĕ. Хаçат çакна кăтартса парать: полицейскисем пĕр-çулталăк хушшинче çавăн пек 12 çынна вĕлернĕ.

Çав хаçатах çапла пĕлтерет: декабрĕн 13-мĕшĕнче Нью-Йоркра сывлăшран тапăнассинчен сыхланас тĕлĕшпе вĕренӳ тревоги иртнерĕ. Çак тревога вăхăтĕнче полицейски Сесар Флорес рабочи пуэрториканеца «бомбоубежищене» кĕме хушнă. Сесар кăштах каярах юлнă. Çавăншăн ăна полицейски персе вĕлернĕ.

Хаçат çакна паллă тăвать: Сесар Флорес вырăнĕнче шурă ӳтлĕ американецсем пулнă пулсан, полицейскисем вăл çынсене вĕлерме хăяйман пулĕччĕç.

### Америка конгресĕ пĕлтерни

ВАШИНГТОН, январĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). США конгресĕ çапла пĕлтернĕ: США президенчĕ пулма Эйзенхауэра, вице-президент пулма Никсона суйланă. Конституци тăрăх, конгресăн икĕ палати те пĕрлехя ларура выборщиксем миçе сасă панине шутланă. Республиканецсен партийĕн кандидачĕсемшĕн — Эйзенхауэрпа Никсоншăн 442 сасă, демократсен партийĕн кандидачĕсемшĕн — Стивенсонпа Спаркменшăн 89 сасă пулнă. Эйзенхауэрпа Никсон хăйсен вырăнĕсенче январĕн 20-мĕшĕнче ĕçлеме тытăнаççĕ.

### США-ра МИРШĔН КĔРЕШЕКЕНСЕНЕ ХĔСĔРЛЕÇÇĔ

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентствин Вашингтонри корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, США государство департаменчĕ халăхсен мире хӳтĕлес тĕлĕшпе пуласа иртнĕ Конгресне тата Азири Лăпкă океан тăрăхĕнчи çĕршывсенчи миршĕн тăракансен Конгресне хутшăннă американецсен урăх çĕршывсене кайса çӳремелли паспорчĕсене туртса илет.

### Вулакансен конференцийĕ

МУРКАШ. Пашалукасси ял Советĕнчи «Красный Октябрь» колхоз клубĕнче Совет Союзĕн Геройĕ Д. Медведев çырнă «Ровно патĕнче» кĕнеке тăрăх вулакансен конференцийĕ пулса иртрĕ.

«Ровно патĕнче» кĕнеке çинчен ялти сичĕ çул вĕренмелли шкулти учительница З. Скворцова юлташ каласа пачĕ.

Ун хыççăн вулакансем тухса каларĕç. Библиотекарь А. Кожаков юлташ Кузнецовпа Приходько разведчиксен сăнарĕсем çинчен, колхозник А. Ершов Аслă Отечественнăй вăрçăра партизансем нимĕç захватчикĕсене хирĕç паттăррăн çапăçни çинчен каланисене вулакансем интересленсе итлерĕç.

Г. ПЕТРОВСКИЙ.

### Выляв укçи илеççĕ

ÇĔМЕРЛЕ. «Родина» колхозри колхозниксемпе колхозницăсем государство заемĕсене çулсеренех пысăк кăмăлпа çырăнса илеççĕ.

Ялта государство заемĕсем тăрăх выляв укçи тухнине тĕрĕслес ĕçе аван йĕркеленĕ. Иртнĕ виçĕ уйăх хушшинче колхозниксем государство заемĕсен облигацийĕсем тăрăх 10 пин тенкĕ ытла выляв укçи илнĕ. Я. Чулах колхозник 2.500 тенкĕ выляса илнĕ.

В. АЛЬЦЕВ.

*«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн çитес номерĕ январĕн 11-мĕшĕнче тухать.*

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

## Государствăн 1948 çулта кăларнă 2 процентлă заемĕ

### Выигрышлă кăларăм

**Облигацисен хакĕ чухлĕ укçа тавăрса памалли 1-мĕш вылявăн**

### СПРАВКА-ТАБЛИЦИ

Выляв 1952 çулхи декабрĕн 29-мĕшĕнче Калуга хулинче пулнă.

Заемăн мĕнпур 72 разрядĕнчи çак таблицăра кăтартнă серисенчи облигацисене пурне те (01-мĕш номертен пуçласа 50-мĕш номер таранах) хакне тӳлесе каялла илеççĕ:

| | | | | | | | |
|---|---|---|---|---|---|---|---|
| 000026 | 006071 | 012289 | 018692 | 024198 | 029930 | 037181 | 043683 |
| 000041 | 006084 | 012299 | 018730 | 024208 | 030052 | 037242 | 043688 |
| 000047 | 006148 | 012322 | 018753 | 024223 | 030059 | 037252 | 043741 |
| 000121 | 006252 | 012349 | 018786 | 024245 | 030125 | 037303 | 043755 |
| 000171 | 006256 | 012522 | 018788 | 024262 | 030137 | 037430 | 043767 |
| 000215 | 006356 | 012586 | 018920 | 024264 | 030230 | 037492 | 043858 |
| 000364 | 006446 | 012679 | 018987 | 024340 | 030324 | 037570 | 043895 |
| 000378 | 006532 | 012683 | 019014 | 024394 | 030365 | 037667 | 043906 |
| 000395 | 006533 | 012690 | 019085 | 024406 | 030400 | 037994 | 043947 |
| 000473 | 006548 | 012691 | 019087 | 024447 | 030424 | 038001 | 043995 |
| 000475 | 006617 | 012818 | 019118 | 024453 | 030696 | 038032 | 044053 |
| 000511 | 006624 | 012823 | 019119 | 024457 | 030845 | 038075 | 044071 |
| 000559 | 006674 | 012843 | 019130 | 024611 | 030884 | 038156 | 044273 |
| 000630 | 006705 | 012941 | 019134 | 024612 | 030955 | 038195 | 044361 |
| 000649 | 006718 | 012942 | 019147 | 024667 | 031102 | 038212 | 044488 |
| 000682 | 006749 | 013042 | 019207 | 024683 | 031105 | 038273 | 044511 |
| 000733 | 006774 | 013085 | 019319 | 024710 | 031106 | 038358 | 044529 |
| 000861 | 006779 | 013095 | 019335 | 024744 | 031113 | 038401 | 044616 |
| 000863 | 006782 | 013138 | 019342 | 024808 | 031225 | 038569 | 044623 |
| 000893 | 006841 | 013155 | 019365 | 024827 | 031227 | 038587 | 044664 |
| 000913 | 007123 | 013281 | 019368 | 024830 | 031440 | 038684 | 044711 |
| 001018 | 007132 | 013370 | 019372 | 024909 | 031519 | 038733 | 044719 |
| 001156 | 007145 | 013391 | 019407 | 024935 | 031565 | 038778 | 044847 |
| 001246 | 007176 | 013460 | 019414 | 025003 | 031648 | 038780 | 044848 |
| 001278 | 007242 | 013470 | 019433 | 025056 | 031944 | 038864 | 044858 |
| 001291 | 007397 | 013624 | 019446 | 025231 | 031965 | 038890 | 044863 |
| 001293 | 007506 | 013662 | 019449 | 025264 | 031969 | 038938 | 044892 |
| 001433 | 007530 | 013677 | 019575 | 025291 | 031971 | 039045 | 044966 |
| 001442 | 007649 | 013722 | 019760 | 025295 | 031982 | 039061 | 044997 |
| 001468 | 007730 | 013918 | 019802 | 025306 | 032037 | 039075 | 045015 |
| 001512 | 007814 | 013961 | 019968 | 025365 | 032048 | 039149 | 045095 |
| 001716 | 007924 | 014090 | 019978 | 025392 | 032088 | 039163 | 045103 |
| 001739 | 008005 | 014162 | 020069 | 025435 | 032102 | 039221 | 045133 |
| 001790 | 008135 | 014215 | 020074 | 025437 | 032116 | 039226 | 045137 |
| 001805 | 008144 | 014252 | 020156 | 025553 | 032173 | 039337 | 045171 |
| 001812 | 008177 | 014283 | 020185 | 025616 | 032182 | 039364 | 045279 |
| 001828 | 008180 | 014289 | 020236 | 025626 | 032247 | 039410 | 045392 |
| 001850 | 008241 | 014338 | 020244 | 025647 | 032251 | 039415 | 045484 |
| 001993 | 008266 | 014350 | 020284 | 025700 | 032362 | 039515 | 045681 |
| 001996 | 008358 | 014403 | 020288 | 025759 | 032403 | 039549 | 045722 |
| 002010 | 008359 | 014410 | 020361 | 025763 | 032418 | 039625 | 045747 |
| 002063 | 008425 | 014429 | 020443 | 025784 | 032419 | 039681 | 045777 |
| 002101 | 008430 | 014464 | 020450 | 025857 | 032536 | 039686 | 045814 |
| 002109 | 008523 | 014497 | 020517 | 025859 | 032578 | 039729 | 045843 |
| 002123 | 008550 | 014509 | 020589 | 025866 | 032641 | 039771 | 045920 |
| 002152 | 008605 | 014510 | 020594 | 025892 | 032665 | 039817 | 046060 |
| 002200 | 008643 | 014552 | 020603 | 026015 | 032682 | 039976 | 046071 |
| 002222 | 008768 | 014593 | 020623 | 026133 | 032924 | 040075 | 046088 |
| 002249 | 008774 | 014630 | 020633 | 026147 | 032926 | 040103 | 046094 |
| 002297 | 008792 | 014645 | 020634 | 026152 | 032942 | 040110 | 046095 |
| 002298 | 008805 | 014692 | 020721 | 026163 | 032981 | 040128 | 046127 |
| 002339 | 008891 | 014746 | 020825 | 026188 | 033087 | 040153 | 046219 |
| 002418 | 008898 | 014789 | 020845 | 026556 | 033092 | 040238 | 046280 |
| 002443 | 008942 | 014802 | 020895 | 026732 | 033101 | 040262 | 046330 |
| 002469 | 009114 | 014842 | 020978 | 026763 | 033133 | 040337 | 046434 |
| 002480 | 009118 | 014861 | 021002 | 026827 | 033141 | 040383 | 046577 |
| 002492 | 009245 | 014880 | 021154 | 026828 | 033308 | 040525 | 046603 |
| 002516 | 009274 | 014924 | 021194 | 026872 | 033475 | 040542 | 046607 |
| 002528 | 009374 | 015063 | 021227 | 026903 | 033500 | 040554 | 046614 |
| 002532 | 009379 | 015192 | 021282 | 026937 | 033509 | 040616 | 046655 |
| 002593 | 009469 | 015203 | 021296 | 026978 | 033520 | 040618 | 046673 |
| 002602 | 009531 | 015221 | 021321 | 027075 | 033680 | 040619 | 046715 |
| 002705 | 009558 | 015269 | 021323 | 027098 | 033682 | 040691 | 046721 |
| 002767 | 009644 | 015323 | 021327 | 027101 | 033735 | 040739 | 046758 |
| 002782 | 009687 | 015325 | 021416 | 027112 | 033736 | 040755 | 046777 |
| 002986 | 009715 | 015352 | 021422 | 027180 | 033779 | 040847 | 046813 |
| 003002 | 009734 | 015491 | 021454 | 027241 | 033854 | 040873 | 046862 |
| 003149 | 009872 | 015509 | 021495 | 027325 | 033901 | 040928 | 046887 |
| 003195 | 009921 | 015513 | 021511 | 027419 | 033998 | 040960 | 046910 |
| 003205 | 010056 | 015515 | 021544 | 027441 | 034022 | 040979 | 046923 |
| 003301 | 010109 | 015616 | 021620 | 027489 | 034154 | 040999 | 046988 |
| 003302 | 010162 | 015648 | 021636 | 027501 | 034301 | 041105 | 047051 |
| 003344 | 010185 | 015675 | 021672 | 027503 | 034424 | 041175 | 047231 |
| 003377 | 010313 | 015711 | 021691 | 027610 | 034452 | 041207 | 047322 |
| 003621 | 010328 | 015792 | 021702 | 027638 | 034458 | 041260 | 047336 |
| 003642 | 010357 | 015814 | 021773 | 027735 | 034566 | 041301 | 047348 |
| 003675 | 010358 | 015919 | 021778 | 027736 | 034582 | 041337 | 047446 |
| 003710 | 010417 | 015962 | 021798 | 027830 | 034805 | 041348 | 047482 |
| 003752 | 010468 | 015970 | 021916 | 027831 | 034820 | 041360 | 047569 |
| 003856 | 010562 | 015976 | 021945 | 027847 | 034908 | 041432 | 047570 |
| 003971 | 010607 | 016009 | 021978 | 027866 | 035001 | 041470 | 047616 |
| 004022 | 010642 | 016022 | 021994 | 028094 | 035140 | 041502 | 047670 |
| 004029 | 010649 | 016032 | 022124 | 028110 | 035241 | 041596 | 047723 |
| 004100 | 010668 | 016046 | 022125 | 028116 | 035281 | 041608 | 047789 |
| 004127 | 010679 | 016049 | 022196 | 028148 | 035317 | 041633 | 047818 |
| 004222 | 010711 | 016061 | 022204 | 028161 | 035363 | 041649 | 047968 |
| 004354 | 010820 | 016123 | 022336 | 028265 | 035366 | 041740 | 048030 |
| 004424 | 010821 | 016272 | 022443 | 028279 | 035442 | 041750 | 048116 |
| 004446 | 010838 | 016274 | 022455 | 028285 | 035499 | 041837 | 048145 |
| 004465 | 010932 | 016284 | 022480 | 028293 | 035523 | 041866 | 048285 |
| 004533 | 011008 | 016364 | 022507 | 028313 | 035546 | 041873 | 048310 |
| 004545 | 011015 | 016420 | 022534 | 028384 | 035589 | 041875 | 048317 |
| 004558 | 011044 | 016489 | 022535 | 028395 | 035642 | 041926 | 048385 |
| 004664 | 011109 | 016510 | 022555 | 028400 | 035666 | 041966 | 048447 |
| 004726 | 011149 | 016539 | 022594 | 028474 | 035691 | 042010 | 048473 |
| 004784 | 011271 | 016612 | 022649 | 028481 | 035882 | 042093 | 048475 |
| 004793 | 011360 | 016784 | 022656 | 028520 | 035941 | 042126 | 048550 |
| 004966 | 011548 | 016807 | 022674 | 028525 | 036050 | 042151 | 048591 |
| 005035 | 011570 | 016822 | 022684 | 028607 | 036061 | 042259 | 048655 |
| 005257 | 011632 | 016898 | 022699 | 028610 | 036107 | 042405 | 048863 |
| 005263 | 011638 | 016960 | 022718 | 028618 | 036123 | 042431 | 048864 |
| 005293 | 011656 | 016972 | 022744 | 028629 | 036142 | 042475 | 048996 |
| 005315 | 011729 | 016993 | 022758 | 028670 | 036186 | 042497 | 049009 |
| 005357 | 011736 | 016997 | 022787 | 028697 | 036198 | 042543 | 049029 |
| 005383 | 011738 | 017037 | 022933 | 028762 | 036230 | 042558 | 049034 |
| 005423 | 011758 | 017050 | 022958 | 028869 | 036259 | 042632 | 049070 |
| 005445 | 011763 | 017256 | 022972 | 028989 | 036324 | 042738 | 049080 |
| 005522 | 011773 | 017277 | 023028 | 029023 | 036326 | 042785 | 049113 |
| 005552 | 011783 | 017306 | 023057 | 029061 | 036336 | 042819 | 049122 |
| 005573 | 011835 | 017361 | 023068 | 029079 | 036359 | 042844 | 049234 |
| 005627 | 011848 | 017405 | 023211 | 029158 | 036386 | 043009 | 049291 |
| 005641 | 011938 | 017496 | 023269 | 029173 | 036432 | 043067 | 049292 |
| 005737 | 011939 | 017516 | 023278 | 029234 | 036451 | 043143 | 049409 |
| 005793 | 011944 | 017732 | 023329 | 029259 | 036484 | 043207 | 049455 |
| 005794 | 011951 | 017799 | 023337 | 029291 | 036588 | 043218 | 049474 |
| 005810 | 011972 | 017823 | 023348 | 029372 | 036591 | 043312 | 049505 |
| 005814 | 012012 | 017875 | 023381 | 029384 | 036648 | 043324 | 049572 |
| 005852 | 012018 | 018068 | 023422 | 029508 | 036705 | 043325 | 049588 |
| 005891 | 012019 | 018251 | 023559 | 029556 | 036733 | 043375 | 049642 |
| 005892 | 012030 | 018293 | 023696 | 029600 | 036837 | 043419 | 049740 |
| 005947 | 012118 | 018345 | 023704 | 029723 | 036875 | 043461 | 049892 |
| 005954 | 012159 | 018386 | 024111 | 029811 | 036934 | 043512 | 049907 |
| 005982 | 012191 | 018544 | 024129 | 029869 | 036938 | 043559 | 049919 |
| 006032 | 012266 | 018599 | 024139 | 029903 | 036956 | 043657 | 049982 |
| 006047 | 012276 | 018640 | 024161 | 029911 | 036967 | 043674 | 049996 |

ЧĂВАШ АССР ПЕРЕКЕТ КАССИСЕМПЕ ГОСУДАРСТВО КРЕДИЧĔН УПРАВЛЕНИЙĔ.

## Испанири чухăнлăхпа террор

Франко генералăн фашистла режимĕ Испание пĕтĕ чухăнлатса çитернĕ. Хальхи вăхăтра Испани халăхĕ Европăри чи чухăн пурăнакан халăх шутланать. Унта Америка империалисчĕсем хуçаланаççĕ.

Америка агрессорĕсем Испани çĕрĕ çинче çар базисем тăваççĕ. Çавăншăн Франко Америкăри монополисенчен кăштах кивçен укçа илет. Кивçен укçа паракансем çав укçапа мĕн тумаллине те малтанах кăтартса хураççĕ: «стратеги строительстви» тумалла, теççĕ. Ку вăл вăрçа хатĕрленмелле, тенине пĕлтерет.

Франко режимĕ террорпа кăна тытăнса тăрать, çавăнпа халăхăн пысăк пайĕ ăна кураймасть. Хуласенче полицейскисем питĕ нумай. Испани халăхĕ хăйне тăшман хупăрласа илнĕ пекех туйса пурăнать. Çĕршыва чухăнлатса хăварнă Франко ушкăнне кăмăлламаннине кăшт та пулин палăртнă çынсене тĕрмене хупаççĕ. Испанири тĕрмесенче пуш вырăн çук, унта патриотсене хупса усраççĕ.

Испани халăхĕ ялхуçалăх ĕçĕпе пурăнать. Анчах ялхуçалăхĕ кая юлнă. Çĕр ĕçне авалхи хатĕрсемпе ĕçлеççĕ, вăкăрсемпе ашаксем тĕп туртăм вăйĕ шутланаççĕ. Удобренисемпе çемçетмен пирки, çĕр начарланнă. Юлашки вунă çул хушшинче ялхуçалăх продукчĕсем пухса кĕртесси виççĕмĕш пайĕ чухлĕ чакнă.

Испанире çĕрĕн пысăк пайĕ пуян çĕр хуçисен аллинче тăрать. Ялти халăхран çурри—тара кĕрĕçсе ĕçлекенсем, анчах вĕсене валли çулталăкра темиçе уйăх хушши çеç ĕç тупăнать. Ялхуçалăхĕнчи мĕнпур рабочисенчен 8 процентĕ кăна яланах ĕçре пулать. Рабочи кунĕпе ĕçленĕшĕн илекен ĕç укçи (18 песет) пĕр килограмм çăкăр туянма çеç çитет. Çавăнпа хресченсем хуласене йышлăн каяççĕ, анчах унта та ĕç тупăнмасть, хуласенче те ĕçсыннисем питĕ чухăн пурăнаççĕ.

Испани промышленноçĕ те, ялхуçалăхĕ пекех, юхăнса çитнĕ. Нумай предприятисенче оборудовани кивелнĕ, производство чакса пырать. Сăмахран, пир-авăр фабрикисем çур хăватпа кăна ĕçлеççĕ, вĕсем продукци туса кăларни, 1935 çулхипе танлаштарсан, 30 процент çеç пулать. Промышленноçăн ытти отраслĕсенче те çавах. Хĕçпăшал тăвакан заводсем тата США-на илсе кайма стратегиллĕ (хĕçпăшал тунă çĕре каякан) металл рудисем кăларакан рудниксем кăна пĕтĕм хăвачĕпе ĕçлеççĕ.

Испанири рабочин кулленхи ĕç укçи 15—20 песет шутланать (килограмм çăкăр 12 песет тăрать). Рабочисем çăкăр, ясмăк, ӳсентăран çăвĕ çеç туянма пултараççĕ. Хулари ĕçсыннисем аш-какай, çăмарта, выльăх çăвĕ илеймеççĕ. Иртнĕ çулталăкра çĕршывра аш-какай сутасси 40 процент чакнă. Ĕçсыннисен кĕпе-тумтир, чашăк-тирĕк илме те укçа çук.

Пысăк хуласенче хваттер укçи хаклă. Рабочисем çĕр пӳртсенче е хӳшĕсенче пурăнаççĕ. Мадрид хули сывăхĕнчи çĕр пӳртсенче 400 пин çынна яхăн пурăнать. Ку вăл хулари халăх йышĕн пĕр чĕрĕк пайĕ чухлĕ пулать. Барселона хули патĕнчи çĕр пӳртсенче 150 пин çын пурăнать. Çĕршывра кил-çуртсăр, хваттерсĕр çемьесем çĕршер пинĕн шутланаççĕ.

Ĕçсыннисем çав тери чухăн пурăннă пирки Испанире туберкулез чирĕ сарăлнă. Тухтăрсем патне кайса пулăшу илме тата больницăра выртса сывалма пуян çынсем çеç май тупаççĕ. Çамрăксем хушшинче туберкулезпа чирлисем 60 процента яхăн. Çакă вăл ачасене пĕчĕкренех ĕçлеттерме пуçланинчен килет. Ялхуçалăхĕнче помещиксем патĕнче ачасем 700 пин çынна яхăн ĕçлеççĕ, вĕсене пĕр кун ĕçленĕшĕн 2—3 песет çеç укçа тӳлеççĕ. 2 миллион ытла ачасем шкулта вĕренмеççĕ. Çĕршыври халăх йышĕнчен 45 процентĕ хутла пĕлмест.

Испани экономикине ултă пысăк банк контроллесе тăраççĕ, вĕсем пуян çĕр хуçисем тата Америкăпа Англири капиталистсемпе тачă çыхăннă. Испани правительствин чиновникĕсем взятка илесси анлă сарăлнă. Спекуляци тунă çĕре правительство учрежденийĕсенче ĕçлекенсем те хутшăнаççĕ.

Франко режимĕ пуян çĕр хуçисемшĕн, шултра буржуазишĕн тата католикла чиркӳшĕн ĕçлесе тăрать. Правительство майлă тăракан çав ушкăнсем калама çук пуян пурăнаççĕ, çав вăхăтрах çĕршыври халăхăн пысăк пайĕ питĕ чухăн пурăнать,—çавăн пек ĕнтĕ Испанири пурнăç.

Американецсем Испанире çар базисем тунипе, çĕршыв экономикине хăйсен аллине çавăрса илнипе чарăнмаççĕ, вĕсем хăйсен «культурине» сарма тăрăшаççĕ. Испанири хаçат сутакан киоскĕсенче Америкăра пичетлесе кăларнă пуç минретекен журналсем тата романсем сутаççĕ. Кинотеатрсенче Голливудра ӳкернĕ кинокартинăсене кăтартаççĕ.

Фашистсем тискер террорпа хытă пусмăрлаççĕ пулин те, Испанири ĕçсыннисем пуç усмаççĕ. Вĕсем ылханлă Франко режимне кураймаççĕ. Нумай пулмасть Гренадăра циркра вăкăрсем çапăçнине пăхма пуçлас умĕн пĕр испанец хĕрлĕ ялав тытса арена çине тухнă. Вăл пĕр сăмах та каламан, хĕрлĕ ялав çĕклесе арена тăрăх утса тухнă. Цирка пухăннă çынсем çак хăюлла çынна курса тăвăллăн алă çупнă.

Франко генерал вулкан çинче ларнă пекех пурăнать. Ку вăл чăнах çапла пулнине иртнĕ çуркунне Барселонăри рабочисем кĕрешни лайăх кăтартса пачĕ. Ун чухне Барселонăри рабочисем Франко ушкăнне çапла асăрхаттарнă: сире юнлă преступленисемшĕн тавăрмалли вăхăт çитет, тенĕ. Испанири ĕçсыннисем влаçра тăракан фашистсене курайманнине Мадрид хулинче атă-пушмак тасатса пурăнакан пĕр çын питĕ лайăх кăтартса панă. Вăл Америкăри «Нью рипаблик» журнал корреспондентне çапла каланă: «Пирĕн тумтирсем çĕтĕк-çатăк, эпир пуянсен сĕтелĕ çинче апат юлашкине çисе пурăнатпăр, эпир пурăнакан землянкăсенчен йĕкехӳресем те тухса тарчĕç. Пирĕн тӳссе пурăнма вĕренмелле тата хамăр ачасене те тӳссе пурăнма вĕрентмелле. Ырă кун çитсе килĕ, вара хĕрлисем (эмигрант-революционерсем.—Т. Р.) йышлăн Испани чикки урлă каçса килĕç, пирĕн хресченсем, восстани туса, фашистла пӳтсĕрсене тĕп тăвĕç».

Т. РЕМИЗОВ.

РЕДАКЦИ АДРЕСЕ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-89, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-61, совет строительстви пайĕ—3-61, çырусен пайĕ 7-32, издательство кантурĕ—0-23.

Ю 00911

Типографи №1 Чувашполиграфиздата.

Тираж 20.000 экз.